ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул
Май
14
юнкун
№ 95 (8747)
Хакĕ 20 пус.
35-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Çуракине кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттерер

Партипе правительство ялхуçалăх ĕçченĕсем умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕç. Колхозсемпе МТС-сен, совхозсен вăйлă тырпул, техникăллă культурăсем туса илмелле, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстермелле.

Чăваш АССР-ĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем И. В. Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсенче тырпул тухăçлăхне, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне чылай ӳстерме пулчĕç.

Кăçал çуркунне уйрăмах кая юлса ситрĕ. Çакă вăл çураки ĕçĕсене питех те кĕске срокра, çав вăхăтрах пысăк пахалăхпа ирттерме хушать. Çурхи ака ĕçĕсен йăнăçлăхне халĕ ĕнтĕ эрнесем мар, кунсем, сехетсем татса парассĕ. Çавăнпа та партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен паянхи пысăк задачи вăл—çураки ĕçĕсене хăвăртлатса пырасси пулать. Çакă вăл государство МТС-сене уйăрса панă пуян техникăпа туллин усă курмалла тăвас тенине пĕлтерет. Техника пăма пултарнине пурне те илес пулать. Çак кунсенче тракторсене, культиваторсене, сеялкăсене кунĕн-çĕрĕн ĕçлеттермелле. МТС техники çумне колхозсен йышлă ялхуçалăх машинисене хутшăнтармалла, çав вăхăтрах колхозсенчи чĕрĕ туртăм вăйĕпе тата ĕç вăйĕпе туллин усă курмалла. Çаксем пурте вĕсем çураки ĕçĕсене кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттерме пысăк майсем парассĕ. Ир акрăн—тырăллă пултăн, кая юлтăн—çухатрăн.

Çакна ăнланса хальхи вăхăтра колхозниксемпе колхозницăсем, МТС механизаторĕсем çураки планне пур культурăсем тăрăх та пысăк пахалăхпа тултарассишĕн кĕрешĕве кунтан-кун вăйлатса пырассĕ. Çакăн çинчен тĕштырăсем акмалли плана тултарнă Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Первомайски районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан, Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан тата ытти нумай колхозсен ĕçĕсем калассĕ. Тĕштырă акса пĕтернĕ колхозсен йышĕ ӳссе пырать пулсан та, пĕтĕмĕшпе илсен, республика çураки ĕçĕсенче çаплах юлса пырать-ха. Çураки ĕçĕсен паянхи хăвăртлăхĕсем пире нихăш енчен те тивĕçтерме пултараймассĕ. «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ сводкăсем шăпах та çавăн çинчен калассĕ ĕнтĕ.

Тырпул тухăçлăхне ӳстересси—агротехникăллă ĕçсене çирĕп пурнăçласа пынинчен килет. Ака-суха ĕçĕсене хăвăртлатса пынипе пĕрлех, кĕрхи тырă калчисене апат парасси, вĕсене сӳрелесе хăварасси пысăк вырăн йышăнса тăрассĕ. Çав вăхăтрах чылай районсенче, вăл шутра çураки ĕçĕнче малта пыракан районсенче те, кĕрхи тырă калчисене апат парасси тата вĕсене сӳрелесси питех те çителĕксĕр пырать. Калчасене апат парасси, вăхăтра сӳрелесе хăварасси ака-суха ĕçĕсем пекех пысăк ответлăха туйса ирттермелли ĕç пулса тăрать.

Çураки ĕçĕсене пур енĕпе те татăклăн вăйлатмалла. Анчах хăвăртлăхсене ӳстерес тени вăл пĕре те çураки ĕçĕсен пахалăхне чакарас тенине пĕлтермест, пачах урăхла, вăл çураки ĕçĕсен пахалăхне пур майсемпе те ӳстерсе пырас тенине пĕлтерет. Апла пулсан та нумай колхозсемпе МТС-сем çаплах агротехникăна пăсса ĕçлессĕ. Акса пултăр, шуратса пултăр. Мĕнле акнă, мĕнле шуратнă—вăл пурĕпĕрех, вăл пире тивмест, тесе шутлакансем те сахăл мар-ха. Пирĕн социализмлă Тăван çĕршыв çураки планне мĕнле май килнĕ çапла тултарасса мар, пахалăхлă тултарасса кĕтет. Çĕршыва çураки планне мĕнле май килнĕ çапла тултарни мар, пысăк пахалăхпа, пур культурăсем тăрăх та тултарни кирлĕ. Çураки планĕ вăл государство планĕ. Государство планне халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслисенче, вăл шутра ялхуçалăхĕнче те, чи малтан, пĕтĕмĕшлĕн тултарнипе пĕрлех, пахалăх енĕпе тултарни кирлĕ. Нумай çĕрте çак чăнлăха манассĕ те, ĕçе хăвăртлататпăр тесе агротехникăна пăсма тытăнассĕ. Çавăн пек, Улатăр МТС-ĕнчи уйрăм трактор бригадисем агротехникăна хыттăн пăсас çул çине тăнă. Виççĕмĕш трактор бригади—бригадирĕ Кузин юлташ—«Путь Ильича» колхозра кĕрхи калчасене сӳрелесе кăпкалатас вырăнне шлейфпа якатса тухнă. Çак колхозрах бригада çурхи çĕртме сухине предплужниксăр сухаласа тăвать. Тулăна начар хатĕрленĕ çĕр çине ансăр майпа акассĕ. Вăрлăх витĕнмесĕр юлать.

«Свободный путь» колхозра ĕçлекен пиллĕкмĕш трактор бригади—бригадирĕ Николаев юлташ—шурути пуснă вырăна тарăн сухалас вырăнне 15—17 сантиметр тарăнăш кăна сухаланă, унта та, «Путь Ильича» колхозри пекех, предплужниксăр сухалассĕ. Çакăн хыççăн Улатăр МТС-ĕ пахалăхшăн кĕрешет теме пулать-и вара?

Уйрăмах колхозсенче выльăх апачĕсем тумалли культурăсем акасси тӳсме çук япăх пырать. Колхозсенче обществăллă продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе çирĕп апат никĕсĕ хывмасăр кирлĕ пек вăйлатма çук. Çакна иртнĕ хĕлри ĕçсем те лайăх кăтартса пачĕç. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн ăнăçлăхĕ апатран килнине колхоз руководителĕсем ăнланмассĕ теме çук. Апла пулсан та çак ыйтăва халĕ те чылай районсен руководителĕсемпе колхозсен руководителĕсем кирлĕ пек хакламанни сисĕнет. Выльăх апачĕсем тумалли культурăсене акмалли плана государство кашни колхозра выльăх йышĕ мĕн чухлĕ пулмаллине шута илсе парать. Колхоз руководителĕсен халĕ, çураки ĕçĕсем хĕрсе пынă кунсенче пĕр çул, нумай çул ӳсекен курăксем, выльăх кăшманĕсем, силос культурисем акмалли государство планне пурнăçласси çине пĕтĕм ответлăха туйса пăхмасан, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малашне те пысăк йывăрлăхсем пулма пултарассĕ. Çавăнпа та асăннă культурăсем акмалли плана тултарасси çине пĕтĕм колхоз общественноçĕ тимлĕ пăхни кирлĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăмах колхозсемпе МТС-сенчи парти организацийĕсен пуçарулла пулмалла. Вĕсен колхоз правленийĕсене выльăх апачĕсем тумалли культурăсем акмалли плана тултармалла тăвас тĕлĕшпе практикăллă пулăшу памалла, кашни колхоз тăрăх тымарçимĕçпе курăксем акмалли плана тултармалла тăвас пулать.

Парти организацийĕсем хăйсем умĕнче тăракан пысăк та ответлă задачăсене чыслăн пурнăçлама пултарччăр тесен, вĕсене парти райкомĕсем енчен куллен ертсе пыни кирлĕ.

Пирĕн корреспондент Çĕмĕрлерен пĕлтернĕ тăрăх, Кăмăшари «Красный пахарь» колхозри пуçламăш парторганизаци çуракине ирттерес ĕçре хăйĕн тивĕçлĕ вырăнне йышăнайман-ха. Колхоз хирĕсенче агротехникăна пăснипе парти организацийĕ килĕшсе тăнине ниепле те йĕркеллĕ ĕç теме çук.

Хальхи вăхăтра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан мĕнпур ĕçсене хамăрăн социализмлă Тăван çĕршыв хăватне тата ытларах тĕреклетес тĕллевпе туса пымалла. Коммунистсен пур ĕçре те малта пырса, хăйсен примерĕпе мĕнпур колхозниксене хастарлă ĕçлеме хавхалантармалла.

Çураки хăйĕн ответлă тапхăрне кĕчĕ. Çак кунсенчи ĕçсем çураки ĕçĕн пĕтĕм ăнăçлăхне татса парассĕ.

Çуракине ăнăçлă вĕçлесси—вăйлă тырпулшăн кĕрешмелли чи ответлă задачăсенчен пĕри. Çак задачăна пурнăçлассишĕн кĕрешĕве мĕнпур партипе совет организацийĕсен, колхозниксемпе колхозницăсен, МТС механизаторĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен чыслă тивĕçĕ пулса тăрать.

Çураки хăвăртлăхĕсене куллен ӳстерсе пырар. Çуракине кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттерсе, Аслă Сталин умĕнче илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлар.

## Механизаторсемпе колхозниксем, вăйлă тырпул никĕсне хывса хăварассишĕн ырми-канми ĕçлĕр!

* * *

### Ир акакан культурăсене акса пĕтернĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан 18-шар центнер тĕштырă пухса кĕртме пулчĕç. Обязательствăна пурнăçлассишĕн кĕрешсе, колхозниксемпе механизаторсем ир акакан ялхуçалăх культурисене 8 кунта акса пĕтерчĕç. Правительство тулă акакан лаптăка ӳстерсе пыма хушать. Çавна май эпир çурхи тулла кăçал планпа пăхнинчен 15 гектар ытларах акса хăвартăмăр.

Выльăх-чĕрлĕх апачĕ тума вунă гектар тымарçимĕç, вунă гектар силос культурисем акрăмăр. Нумай çул ӳсекен курăксем 95 гектар акнă.

Колхозниксем кĕрхи тырă калчисене пăхса ӳстерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç. 209 гектар çинчи калча çине 34 тонна минераллă тата вырăнти удобренисем кăларнă.

З. Чажданов, И. Пыркин трактористсен ĕçне уйрăмах палăртмалла. Вĕсем çуракинче сменăри нормăна чылай иртерсе тултарчĕç, ĕçе тĕплĕ турĕç. Халĕ вĕсем ирхи çĕртме тăвассĕ. Çĕртмене май уйăхĕнче туса пĕтеретпĕр.

**В. ТИМОФЕЕВ,**
колхоз председателĕ.

* * *

МУРКАШ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал вăтам шутпа кашни гектартан 110-шар пăт тĕштырă туса илме сăмах панă. Колхоз членĕсем хăйсен сăмахне хастарлă ĕçпе çирĕплетессĕ. Вĕсем виçĕ кунта кĕрхи тырăсене пĕтĕмпех минераллă тата вырăнти удобренисемпе апат пачĕç, 250 гектар çинчи калчана сӳрелерĕç. Пĕрчĕллĕ тата пăрça йышши культурăсене хăвăрт та ăнăçлă акса пĕтерчĕç. Тырпула сеялкăсемпе акнă, çурхи тулла пĕтĕмпех хĕреслĕ майпа акса хăварнă. Техникăллă тата выльăх апачĕ тумалли культурăсем акма, пахча çимĕçсемпе çĕрулми лартма пусăсене çемçетсе хатĕрленĕ. Вĕсене акма тата лартма тытăннă.

Çуракине кĕске срокра тата лайăх ирттерессишĕн пыракан социализмлă ăмăртура А. Тимофеев коммунист тата К. Павлинов комсомолец ертсе пыракан уй-хир бригадисем мала тухрĕç, вĕсем тырпула ытти бригадăсенчен икĕ кун малтан акса пĕтерчĕç.

Пĕрлешнĕ колхозăн ялĕсем çывăхĕнче тата вăрманта усăсăр выртакан çĕрсем пур. Çак кунсенче уй-хир бригадисем тункатасене кăкласа, ялсем çывăхĕнчи çереме сухаласа колхозăн акакан çĕр лаптăкне 15 гектар пысăклатрĕç. Халĕ унта вир акассĕ.

Колхозра МТС-ăн уйрăм бригади ĕçлет. Трактористсем хăйсен тăван колхозне малти рете кăларассишĕн ырми-канми тăрăшассĕ, сменăри ĕç нормисене иртерсе тултарассĕ.

Çуракине лайăх ирттерме колхоз правленийĕпе парторганизаци нумай вăй хучĕç. Агитаторсем тăтăшах калаçусем ирттерессĕ. Парторганизаци секретарĕ, Совет Союзĕн Геройĕ А. Воробьев юлташ агитаторсене кулленхи ĕçре тимлĕ пулăшать.

**И. КОСТИН.**

### Трактосем мĕншĕн чарăна-чарăна ларассĕ

Малтанах эпир Молотов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕпе В. Матвеев юлташпа калаçрăмăр. Кая юлса пыракан колхоза халĕ, çураки вăхăтĕнче, МТС мĕнле пулăшу панине ыйтса пĕлтĕмĕр.

— Начар пулăшассĕ,—терĕ пире Матвеев юлташ.—Вĕсем çине шансан, нихçан та акса пĕтерес çук. Хăйсен сăмахĕсемпе çеç «лайăх ĕçлессĕ» пулас вĕсем, пирĕн МТС-ри руководительсем.

Çакăн пек ӳпкелешме сăлтавĕ пур. Молотов ячĕпе тăракан колхоза тракторсем апрелĕн 30-мĕшĕнче пынă. Анчах уйра ĕçлеме майăн 3-мĕшĕнче тин тытăннă.

Мĕншĕн ун пек? Çĕр пиçсе çитменрен-и?

Çук, уншăн мар. Çĕр тахçанах пиçсе çитнĕ, хăвăрт типет. Уйра тусан мăкăрланакан пулчĕ. Васкаса ĕçлемелле. Анчах колхоза килнĕ тракторсене вара кунта, вырăна илсе çитерсен, тепĕр хут юсарĕç.

Колхозра М. Михайлов юлташ ертсе пыракан 4-мĕш бригадăри трактористсем ĕçлессĕ.

— Сменăри нормăна мĕнле тултаратăр?—ыйтрăмăр эпир «ДТ-54» тракторпа ĕçлекен Сергеев юлташран.

Вăл пире хирĕç пăхрĕ, кулса ячĕ.

— Çуррине яхăн пулать-ши... Виçĕ кун хушшинче виçĕ тракторпа 70 гектара яхăн акрăмăр пулас та... Паллах, сахал. Анчах ĕнер сеялкăна юсамалла пулчĕ те...

— Ун çинчен МТС дирекцийĕ пĕлет-и?

— Пĕлессĕ. Пурте пĕлессĕ. Анчах пирĕн пата ку таранччен нихăшĕ те килсе курман-ха. Директор та, агрономсем те, ыттисем те... Хамăр тĕллĕн кăна ĕçлетпĕр.

Çакăн пек тĕслĕхсем районти колхозсенче татах та пумай. Акă, «Аниш» колхозра 3 трактортан иккĕшĕ, уя тухнă-тухманах ванса кайнăран, икĕ кун хушши ĕçлемесĕр ларнă. Маякри «Новая жизнь» колхозра ĕçлекен пĕр трактор виçĕ кун хушшинче пурĕ те 9 гектар кăна сухаланă. Сухаланă çĕр темиçе кун акăнмасăр выртнă. Çакăн пек тĕслĕхсем «Парижская Коммуна», Чкалов ячĕпе тăракан, «Комсомол» тата ытти колхозсенче те пур.

Иртнĕ çулхи декабрĕн 26-мĕшĕнче, ВКП(б) райкомĕн VII-мĕш пленумĕнче, МТС мĕнле ĕçлени çинчен тата унăн ĕçне малашне лайăхлатмалли мерăсем çинчен сӳтсе явнă чухне, МТС директорĕ Сазанов юлташ çитменлĕхсене пурне те пĕтерме, кăçалхи çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе тухма сăмах паначчĕ. Çакна районти колхозсенче питĕ кăмăлласа йышăннăччĕ.

— Машина-трактор станцийĕ тивĕçлипе пулăшсан кăна эпир тырпул тухăçлăхне чăннипех ӳстерсе пыма пултаратпăр,—тессĕ колхозниксем.

Анчах та Канаш МТС-ĕнче ĕçлекенсем хăйсен сăмахĕпе хăйсем хуçа пулманни çуракин малтанхи кунĕсенчех лайăх курăнчĕ. МТС дирекцийĕ хĕллехи вăхăтра тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене тĕплĕн, лайăх юсаса çитерес ĕç çине çителтен анчах пăхнă. Çавăнпа халĕ машинăсем ĕçе тытăннă-тытăнман ванса каяссĕ. Апла пулин те, МТС дирекцийĕ вĕсене çийĕнчех тепĕр хут тĕплĕн юсассине организацилеме шутламасть.

МТС-ра кадрсемпе ĕçлесси те япăх тăрать. Механизаторсен ĕçри опычĕсене сарас, вĕсен техникăллă пĕлĕвĕсене ӳстерес тĕлĕшпе питех те çителĕксĕр ĕçлессĕ. МТС-ра лайăх ĕçлекен механизаторсем пур. Акă, сăмахран, А. Кузьмин коммунист бригадир пулса ертсе пыракан 11-мĕш трактор бригади çураки ĕçĕсен планне ăнăçлăн тултарса пырать. Ку бригада Ачкари «Красная Армия» колхозра ĕçлет. Бригадăри малта пыракан М. Лотовпа И. Ильян трактористсем çураки ĕçĕсен планне 4—5 кун хушшинчех 70 процент ытла тултарнă. Тырă акмалли тата суха тумалли заданисене вĕсем ытлашшипех пурнăçланă. Культиваци тăвас, кĕрхи çĕртмене сӳрелес тата ытти ĕçсем те ăнăçлă пулса пырассĕ. Бригада членĕсем пĕр-пĕрипе ăмăртса ĕçлесе, ĕç нормине яланах ирттерсе тултарассĕ. Анчах та МТС дирекцийĕпе парторганизаци вĕсен пахa опытне ытти бригадăсене сарас тĕлĕшпе нимĕн те тумассĕ. Сăмахран, Молотов ячĕпе тăракан колхозра ĕçлекен трактористсем хушшинче çуракине тухнăранпа та нимĕнле культмассăллă ĕçсем те туса ирттермессĕ, агитаторсем уйăрман, çĕнĕ хаçат-журналсем çук.

Çуракин малтанхи кунĕсенче механизаторсем енчен агротехника правилисене пăснисем те пулнă. Молотов ячĕпе тăракан колхозра çĕре ăшăх тата шăйрăксем хăварса сухаланă, сухаланă çĕре вăхăтра акса хăварман.

Çапла ĕнтĕ Канаш МТС-ĕпе районти ялхуçалăх пайĕ Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе ВКП(б) обкомĕ «Çĕрпӳ районĕнчи колхозсемпе МТС-ра çураки ирттерес ĕçри çитменлĕхсем çинчен» йышăннă постановленирен нимĕнле вывод сем те туман.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
**С. АСЛАН,**
**П. ЩИПЦОВ.**

### Садсем тăвассĕ

ВАРМАР. Районти колхозсем садсене çултан-çул пысăклатса пырассĕ. Уйрăмах «Труд», «Большевик», Коммунизм», Мичурин ячĕпе тăракан колхозсен сачĕсем лайăх ӳссе çитĕнессĕ. Çак артельсем улма-çырла сутса çуллен пиншер тенкĕ тупăш курассĕ.

Кăçал кашни колхоз, шкулсемпе учрежденисем тата ĕçсыннисем çимĕç йывăççисем лартса хăварма тăрăшассĕ.

«Хĕрлĕ Кĕтне» колхозăн халиччен улма-çырла сачĕ виçĕ гектар çинче пулнă. Кăçал колхозниксем сада пысăклатма йышăннă. Улма-çырла йывăççисем лартса ӳстерме уйрăм бригада тунă, ун валли туртăм вăйĕ тата инвентарь уйăрса панă. Бригадăна Çĕрпӳри ялхуçалăх техникумĕнчен вĕренсе тухнă агроном-садовод А. Зыкин юлташ ертсе пырать. Колхозниксем улмуççи, чие тата хурлăхан йывăççисем лартма 3,5 гектар çине шăтăксем алтрĕç. Садра куллен 40—50 çын ĕçлет.

«Коммунизм» колхоз членĕсем те сад тăвас тĕлĕшпе лайăх ĕçлессĕ. Çак кунсенче вĕсем Патăръелĕнчи питомникрен 550 тĕп улмуççи, пин тĕп хурлăхан илсе килчĕç. Çырла курăкĕ лартнă лаптăка та чылай пысăклатассĕ. Улмуççисене сиврĕн хӳтĕлеме пур енчен те икшер рет йывăç лартса, сад тавра карта тытнă. Уй-хире шăрăх çилсенчен хӳтĕлеме виçĕ гектар çине тĕрлĕрен йывăçсем лартса хăварассĕ. Энĕш шывĕ çинчи пысăк пĕвере виççĕмĕш çул ĕнтĕ пулă ĕрчетессĕ.

Молотов ячĕпе тăракан, «Победа» тата Мичурин ячĕпе тăракан колхозсенче те кăçал садсене чылай пысăклатассĕ.

**И. ВОЛКОВ.**
(Хамăр корр.).

## Механизаторсен социализмлă ăмăртăвĕнче малта пыракансем

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви пĕлтернĕ тăрăх, çурхи уй-хир ĕçĕсем тăвас тĕлĕшпе майăн 10-мĕшĕ тĕлне çак механизаторсем уйрăмах лайăх тĕслĕхсем кăтартнă:

**КОМСОМОЛЬСКИ МТС-ĕ ТĂРĂХ**

**Шемякин** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлă тракторпа 100 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

**Свистунов** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлă тракторпа 60 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

Çак бригадăсенчи **Анчурин, Митюнов** трактористсем кашниех 90—100 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

**СУРМАЙДАН МТС-ĕ ТĂРĂХ**

**Муратова** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлă тракторпа 157 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă. **Кулыгин, Горбунов** трактористсем кашниех 184 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

**Федотов** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлă тракторпа 153 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă. **Разоренов, Агафонов** трактористсем кашниех 188 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

**Горбунов** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вăйлă тракторпа 123 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă. **Костин, Жамкин** трактористсем кашниех 183 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

## Совет Союзĕ тăрăх

### ШКУЛСЕМШĔН ТĂРĂШАССĔ

ФРУНЗЕ, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Киргизири хуласемпе ялсенче шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне лайăх хатĕрлесе çитерессишĕн ăмăртса ĕçлеме пуçланă. Çак пахa ĕçе Ош районĕнчи общественность пуçарнă. Районти колхозниксем тата рабочисемпе служащисем августăн 1-мĕшĕ тĕлне 35 шкул çуртне юсама пулнă. Вĕренӳ çулĕ пуçланнă тĕле шкулсене хĕлĕпе хутмалăх топливо хатĕрлесе парассĕ. Шкулсем çумĕнчи участоксем çинче садсем ĕрчетессĕ тата физкультура площадкисем тăвассĕ.

Киргизири Коммунистсен (большевиксен) Партийĕн Центральнăй Комитечĕ Ош районĕнчи ĕçсыннисен пуçарăвне ырланă, парти обкомĕсемпе райкомĕсене шкулсене çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрлесе çитерессишĕн ăмăрту сарса пыма хушнă.

### КАЛАЧ ПОРЧĔ

ДОН ÇИНЧИ КАЛАЧ, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Атăлпа Дон хушшинчи канал еçчен Цимлянски тинĕсе çитсе кĕмелли вырăн патĕнче кунĕн-çĕрĕн хĕрӳллĕ ĕç вĕресе тăрать. Таврапа моторсен шавĕ сарăлать. Кунта порт тăвассĕ.

Монтажниксем грузсем турттармалли тата пассажирсем лартса сӳремелли пăрахутсем чарăнмалли вырăнсене туса пĕтерессĕ. Грузсем хумалли пысăк склад стенисене купаланă. Механически мастерской, гараж тата ытти çуртсене туса лартнă. Çĕнĕ порт патне чугун çул илсе пырассĕ.

Кунта çĕр чавмалли тата бетон хывмалли тĕп ĕçсене туса пĕтернĕ. Халĕ çуртсене туса çитерес тĕлĕшпе ĕçлессĕ. Портра грузсене пĕтĕмпех механизмсемпе тиемелле тата пушатмалла пулать.

Строительсем Калач портне майăн 25-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме тăрăшассĕ.

Батуми хулинче 850 вырăнлă театр туса лартнă.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: театр çуртĕ.
В. БАБАЯН фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Аслă стройкăра

ЦИМЛЯНСКИ ГИДРОУЗЕЛ, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Атăлпа Дон хушшинчи шыв çулĕн сооруженийĕсем чаплă тумпа витĕнессĕ. Гидростанцин, магистральнăй канал пуçланнă çĕрти тата ытти сооруженисен умĕсене çиелтен мрамор тĕпренчĕкĕпе хутăштарса тунă шурă цемент плитасемпе витнĕ. Çурхи хĕвел çуттинче вĕсем юр пек йăлтăртатса тăрассĕ. Щитохранилищĕпе гидростанцийĕнче чаплă та пысăк башньăсен стенисем çӳлерех те çӳлерех çĕкленессĕ.

Пур участоксенче те юлашки ĕçсене тăвассĕ. Крансем шыва урăх çĕре куçарма тунă эстакадăна пăсма тытăннă. Ун вырăнĕнче шоссе çулĕ тума тытăннă. Çак çул пĕвен аялти пайĕнче иртсе каять.

Цимлянски тинĕсĕнче шыв хăвăрт тулать. Никифоров юлташ ертсе пыракан участокри монтажниксем гидростанцире иккĕмĕшпе виççĕмĕш агрегатсен оборудованине пухассĕ. Пĕррремĕш агрегата ĕçлеттерсе пăхма хатĕрленсе çитессĕ.

Гидростанцире ĕçлекенсем Донăн сылтăм çыранĕнчи хулари çĕнĕ çуртсене пурăнма куçассĕ.

### КУЗНЕЦК КОМБИНАЧĔН СОВХОЗĔ

СТАЛИНСК (Кемерово облаçĕ), майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Кунти «Садовпарковое» ятлă совхоз металлурги комбиначĕпе пĕр вăхăтра ĕçлеме пуçланă. Халĕ çак совхоз питĕ пысăк хуçалăх пулса тăнă, унпа Кузнецкри металлургсем тивĕçлипех мухтанассĕ.

Совхозăн çимĕç сачĕ вуншар гектар йышăнса тăрать. Садри 25 гектар çинче—çĕр çумĕнче выртса ӳсекен улмуççисем. Садра груша, слива, хурлăхан, крыжовник тата ытти çырлăсем те ӳстерессĕ.

Çав совхозран кашни çулах Кузбаса Çĕпĕрти хуласене хитре йывăççем тата тĕмĕлленсе ӳсекен йывăççем 150 пин таран ярса парассĕ.

### ÇĔРЕ ШĂВАРМАЛЛИ СИСТЕМĂСЕМ

КУЙБЫШЕВ, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). «Средволговодстрой» Атăл вешенче çĕре шăвармалли системăсем тума тытăннă. Куйбышев облаçĕнчи Утевка ялĕ патĕнче Ветлянски çĕре шăвармалли система тăвассĕ. Кунта колхозсен çĕрне 5.600 гектар шăвармалла пулать.

Куйбышев облаçĕнчи Черновски, Тепловски, Таловски тата Цикелински системăсене, çавăн пекех Чкалов облаçĕнчи Крутински çĕре шăвармалли системăна тума пуçланă. Кунта плотинăсен никĕсне хатĕрлессĕ.

### МОЛДАВИРИ КОЛХОЗСЕНЧЕ

КИШИНЕВ, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Молдаври колхозсенче тĕрĕс пуçĕ çырăнăшĕсем туса çитерме тăрăшассĕ. Республикăри пин ялхуçалăх артелĕ вунă уйăх пуçĕ çырăнăшĕ туса çитерет. Çĕршер ялхуçалăх артелĕсем выльăх апачĕ тата пахча çимĕçсем туса илмелли пуçĕ çырăнăшĕсем тунă. Колхозсем уй-хир чиккисене 16 пин гектар ытла вăрман лартнă.

ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Парторганизаци тĕп ĕçрен аякра тăрать

Кăмашари «Красный пахарь» колхоз сурхи ĕçсене вăхăтра тата лайăх ирттереймен пирки тырпул туса илмелли плана нихăш çул та тултарман. Кăçалхи суракине те колхоз начар хатĕрленсе, кĕтсе илчĕ. Лашасем çителĕксĕр, пуррисем те ырханланса кайнă. Йĕтĕн, вир, çĕрулми вăрлăхĕсем çитмеççĕ. Колхозăн 193 гектар акмалла, çав шутран 133 гектарне çĕнĕрен сухаламалла. Суракине тухнăранпа пĕтĕмпе те 35,5 гектар кăна сухаланă, 16 гектартан 8 гектарне алăпа акнă. МТС-ăн кунта икĕ трактор ĕçлет, анчах пĕри колхоза килнĕренпе пĕр гектар та сухаламан.

Ĕç дисциплини колхозра калама çук начар. Вăйпитти колхозниксенчен çурри кăна ĕçе тухать. Ĕç дисциплинине бригадирсем хăйсем пăсаççĕ: правлени панă нарядсене пурнăçламаççĕ, тепĕр чухне чĕнтерсен те правленине пымаççĕ.

Çак çитменлĕхсене кура пуçламăш парторганизацин колхоз правленине тĕп ĕçе пурнăçлама — колхоза организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетме пулăшас тесе ырми-канми ĕçлемелле ĕнтĕ. Колхоз председателĕ Ф. Виссаров юлташ çулĕпе те çамрăккине, тата унăн ĕç опычĕ пачах çуккине шута илсен, колхоз правленине парторганизаци енчен икĕ хут ытларах пулăшу кирлĕ.

Парторганизацинче парти членĕсемпе кандидачĕсем 14 çын. Вĕсенчен виççĕшĕ ялпора ĕçлеççĕ. Пĕри—колхоз счетовочĕ, тепри—ял Совет председателĕ, виççĕмĕшĕ—зоотехник, кўршĕри Молотов ячĕпе тăракан колхозра ĕçлесе пурăнать. Çапла вара колхоз производствинче 8 коммунист ĕçлеме пултарать.

Хăйĕн вăйне сапаласа яни, коммунистсене пĕр тĕллевпе сыхăнтарманни парторганизаци ĕçĕ сўнсе ларнин тĕп сăлтавĕ пулса тăрать. Парторганизаци секретарĕ И. Самарин юлташ хăй ялпо магазинĕнче продавец пулса ĕçлет. Ир ĕçе пырать те, каç киле каять. Унăн хире мар, колхоз правленине çитме те «вăхăт» çук. Çавăнпа та вăл колхозăн миçе гектар сухаласа акмаллине, хăш тракторист ĕçленипе ĕçлеменнине пĕлменнинчен нимĕн тĕлĕнмелли те çук. Колхоз ĕçĕ мĕнле пынине кăна мар, парторганизацире учетра тăракан коммунистсем ăçта ĕçленине те пĕлмест вăл.

— Тем туса пурăнать, — тет вăл парти кандидачĕ И. Виссаров юлташ çинчен асăнсан.

Колхоз ĕçне хутшăнма пултаракан ытти хăшпĕр коммунистсем те колхозра «темĕн туса пурăнаççĕ». Çапла, унччен ку колхоза ертсе пынă Т. Афанасьев, П. Мизуров юлташсем, счетовод пулса ĕçленĕ Г. Севостьянов юлташ колхоз ĕçне пачах хутшăнмаççĕ. Т. Афанасьев юлташ хĕллехи вăхăтра колхоз валли вăрман хатĕрлеме çўрекеленĕ. Çураки вăхăтĕнче вара ăна нимĕнле ĕçре те курма çук. И. Илюшин ферма заведующийĕ пулса ĕçленĕ. Унта чухне вăл правленинчен ыйтмасăрах ферма вăкăрĕпе кăмрăк сутма ирĕке çўренĕ. Вăкăрне урăх ĕçе илсен, П. Илюшин фермăран тухать.

Коммунистсен нимĕнле партпоручени те çук. И. Самарин юлташ кашни коммунист—агитатор тесе ĕнентерет, вĕсене бригадăсенче боевой листоксем кăларма хушнă, тет. Анчах агитаторсем суракине вăхăтра тата пысăк пахалăхпа ирттерме массăсене мобилизацилес тесе пĕр бригадăра та пĕр калаçу ирттермен, пĕр боевой листок кăларман.

Ялта культурăллă вăй пысăк. Çичĕ çул вĕренмелли шкул, ялпо, медицина пункчĕ, зооветучасток вырнаçнă. Ялти интеллигенципе политикăллă-массăллă ĕçе явăçтарасси — колхозри парторганизацин тивĕçĕ. Хăйсем çинчен никам та аса илменнине кура, ялти учрежденисемпе организацисенче ĕçлекенсем колхоз пурнăçĕпе пачах интересленмеççĕ. 13 учительтен 3 учителĕ кăна хутра-ситре доклад туса параççĕ, лекци ирттереççĕ.

Парторганизаци интересленменнине тата тĕрĕслеменнине кура вулав çурчĕ те хăйĕн ĕçне çителĕксĕр туса пырать: вăл кĕнекесем панипе кăна лăпланса ларать. Парторганизаци секретарĕ те, вулав çурчĕн заведующийĕ те стена хаçат кăларнине хăйсен ĕçĕ тесе ĕнентереççĕ. Кăна вара ĕненме пулать. Чăн та, вулав çуртĕнче стена хаçачĕн 2-мĕш номерĕ çакăнса тăрать. Çулталăк пуçланнăранпа икĕ номер! Анчах çав хаçатсенче колхоз çинчен, колхоз ĕçĕ çинчен пĕр сăмах та çук. Кун пек хаçат пуррипе çукки пĕрех, никама та нимĕнле усă та пама пултараймасть.

Парторганизацинчи коммунистсем кашни харпăр хăй ĕçĕпе, харпăр хăй тĕллевĕпе пурăннипе пула, колхозра нихăш ĕçре те вĕсем пурри сисĕнмест. Парти пухăвĕсем ячĕшĕн кăна иртеççĕ. Апрель уйăхĕнче пулса иртнĕ пухура колхоз суракине мĕнле хатĕрленсе çитни çинчен председатель отчетне итленĕ. Председатель чылай çитменлĕхсем пуррине палăртнă, коммунистсенчен пулăшу ыйтнă. Пуху вара пулăшма кирлине йышăнать, анчах пĕр участока та, пĕр ĕçе те пĕр коммуниста та çирĕплетсе хăвармасть. Колхоз ĕçĕпе тачă сыхăнман коммунистсем, нихăшĕ те никама та критикăлаймаççĕ, ĕçлĕ сĕнўсем параймаççĕ.

Правленине пулăшас тĕлĕшпе пухура йышăннă пĕртен-пĕр мероприяти—уйрăм колхозниксен килĕсенчи урапасемпе ут хатĕрĕсене пĕрлештересси — пурнăçланмасăрах юлать.

Колхоза ура çине тăратас тесен, чи малтан, парторганизаци ĕçне чĕртсе ямалла. Кунти чылай колхозниксен хуçалăхĕсем кая юлнă шухăшпа пурăнаççĕ. Ĕлĕкренпех кунта кăмрăк çунтарса, тукăн авса, урапа çапса сутса пурăнаççĕ. Ку йăла паянхи куна та пырать. «Пирĕн ялта кашнийех ăстаçă, кашнийех хуçа, — теççĕ кăмашасем. Колхоз ĕçне чăрмантаракан, ĕç дисциплинине пăсма май паракан çак йăлапа кĕрешес вырăнне, хăшпĕр коммунистсем хăйсем унăн тыткăнне лекеççĕ. Çўлте асăннă И. Илюшин юлташсăр пуçне П. Маскин, А. Мизуров коммунистсем час-часах кăмрăк çунтарса сутаççĕ.

Кăмашари «Красный пахарь» колхозри парторганизаци ĕçне йĕркелесе ярас тĕлĕшпе ВКП(б) райкомĕ те çителĕксĕр тăрăшать. «Красный пахарь» колхоза ялăх енчен асăнмасăр темиçе çул ĕнтĕ пĕр актив пухăвĕ те, пĕр пленум та иртмест. Колхоз председателĕ те, парторганизаци секретарĕ те çултан-çул улшăнса пырать. Анчах çĕнĕ руководительсем çинчен, вĕсене суйласа лартнă хыççăнах, манса каяççĕ, вĕсене пулăшма пăрахаççĕ. Халĕ ĕçлекен парторганизаци секретарĕ П. Самарин юлташ та иртнĕ суйлавранпа кăна ĕçлет. Унăн партиллĕ ĕçре те, халăх хушшинче ĕçлес тĕлĕшпе те опыт çук. Апла пулин те пĕр инструктор та кунта пулса ăна канаш паман, вĕрентмен. Пĕр енчен ĕçе ертсе пыма пĕлменнине, тепĕр енчен пулăшманнине, тĕрĕслеменнине пула парторганизаци секретарĕ парторганизаци ĕçне хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса ларнă.

**Е. АФАНАСЬЕВ.**

Çĕмĕрле районĕ.

# Мухтава тивĕçлĕ çемье

— Мухтава тивĕçлĕ ывăл-хĕрсем ўстернĕшĕн вĕсем,—теççĕ Ишлейри «Знамя коммунизма» колхозри колхозниксемпе колхозницăсем, Алексей Васильевич Волковпа унăн арăмĕ Татьяна Илларионовна Волкова çинчен сăмах хускатсан.

Тĕрĕс калаççĕ колхозниксем. Асла ывăлĕ—Николай вăрçă умĕн Сĕнтĕрвăрринчи çĕр ĕçĕн вĕрентекен техникумран вĕренсе тухнă. Ун хыççăн вăл чылай вăхăт Елчĕк районĕнче землеустроитель пулса ĕçленĕ. 1941 çулхи июнь уйăхĕнче фашистсен вăрă-хуравĕсем пирĕн Тăван çĕршыва çине вăрçăпа тапăнса кĕрсен, Николай Волков çĕршыва хўтĕлекенсен ретне тăнă, Ленинград хулине хўтĕленĕ. Совет правительстви ăна икĕ хутчен «Хĕрлĕ Çăлтăр», Отечественнăй вăрçă орденĕсемпе тата темиçе медальпе наградăланă. Халĕ Николай Волков Ленинград хулинче, гражданла сывлăш флотĕнче ĕçлет.

Андрей ятлă ывăлĕ те Совет çĕршывне сыхласа паттăр çапăçнă, лейтенант пулнă, виçĕ хутчен аманнă. Фронтри паттăрла ĕçсемшĕн вăл орденсемпе медальсем илме тивĕçлĕ пулнă. Вăрçă пĕтнĕ хыççăн Андрей Алексеевич хăйĕн пĕлĕвне тата ўстерчĕ, иртнĕ çул вăл Хусанти университетран вĕренсе тухрĕ. Халĕ Мускаври пĕр трестра инженер пулса ĕçлет. Ярослав ятлă ывăлĕ—Совет Çарĕнче.

Тепĕр ывăлĕ—Павел Волков гидротехнически институтран вĕренсе тухнă, хальхи вăхăтра Мускавра аспирантурăра вĕренет. Хĕрĕ—Мария Волкова вăрçă вăхăтĕнче фронтра тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн «Хĕрлĕ Çăлтăр» орденĕ илнĕ, халĕ ВКП(б) Хĕрлĕ Чутай райкомĕн секретарĕ пулса ĕçлет. Волковсен Зинаида ятлă хĕрĕ, Лев ятлă ывăлĕ, кĕçĕн ывăлĕ Борис вăтам шкулта вĕренеççĕ. Виççĕшĕ те—вĕренў отличникĕсем.

— Совет влаçĕ пулман пулсан, эпĕ хамăн ывăл-хĕрсем çĕршывăн хисеплĕ çыннисем пуласси çинчен тĕлленме те пултарайман. Совет влаçĕ, Ленин — Сталин партийĕ телейлĕ те сăтă пурнăç туса пачĕ,—тет 60 çулхи колхозник Алексей Волков юлташ.

**В. ЧЕРНОВ.**
**С. ВОЛКОВ.**

## Профсоюз организацийĕн конференцийĕ

Çак кунсенче Шупашкарта коммунальнăй хуçалăх работникĕсен профсоюз организацийĕн пĕрремĕш конференцийĕ пулса иртрĕ. Унта Чăваш тата Морда республикисенчи коммунальнăй хуçалăх работникĕсен профсоюз организацийĕсенчен 49 делегат пычĕ. Конференцире коммунальнăй хуçалăх работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн представителĕ Шишов юлташ ВЦСПС-ăн VI-мĕш пленумĕ йышăннă решенисене мĕнле пурнăçлани çинчен тунă доклада итлесе сўтсе явнă. Доклад тăрăх пренире пурĕ 11 çын сăмах тухса калаçнă.

Конференци коммунальнăй хуçалăх работникĕсен профсоюз обкомне тума йышăнчĕ. Обком составне 21 çын тата ревизи комиссин составне суйласа хăварчĕ.

Организациллĕ пленумра профсоюз обкомĕн председателĕ пулма С. А. Овчинникова юлташа суйланă.

«Росглаввино» совхозĕн (Шупашкар) парникĕсенче пахча çимĕçсем ўссе çитĕнеççĕ.

ЎКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: совхозра ĕçлекен Е. Шишмонинăпа А. Помазкова юлташсем парникре ўсекен редискăна сайралатаççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоўкерчĕкĕ.

# „Дружба" колхоз хирĕнче

Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхоз членĕсем кăçал хăйсем умне пысăк та чыслă задача лартнă. Вĕсем Сталин юлташ патне янă çырура çакăн пек обязательство илнĕ: акакан мĕнпур çĕр лаптăкĕнчен вăтам шутпа кашни гектар пуçне 22 центнертан кая мар тĕштырă, ыраш—25 центнер, кантăр вăрри—6 центнер, пĕр çулхи кок-сагыз тымарĕ—25 центнер пухса кĕртмелле. Ку колхозри Яковлев, Сидоров, Филиппова, Леонтьева юлташсем ертсе пыракан бригадăсем кашни гектартан 25-шер центнер тĕштырă пухса кĕртме обязательство йышăннă.

Çав пархатарлă задачăна пурнăçа кĕртессишĕн халĕ колхоз хирĕнче хĕрў ĕç пырать. Партипе комсомол организацийĕ тата колхоз правленийĕ мĕнпур колхозниксене хастарлă ĕçе мобилизацилерĕç.

Колхозниксем мĕнпур лаптăк çинчи ыраш калчине минераллă удобренисемпе апат парчĕç тата сўрелерĕç. Колхозăн нумай çул ўсекен курăкĕсем 320 гектар шутланаççĕ, нўр тытса хăварас шутпа курăк акнă мĕнпур лаптăка сўрелесе тухнă.

Агротехникăллă ĕçсене лайăх пурнăçланине пула ыраш калчи çăра та тикĕс ўссе çитĕнет.

Уй-хир ĕçĕсен малтанхи кунĕсенчен пуçласах, колхозниксем хăйсен иксĕлми хастарлăхне кăтартаççĕ. Вĕсем ĕçе ирхине 4 сехетре тухаççĕ те мĕн тĕттĕм пуличченех хирте ĕçлеççĕ. Ĕçре коммунистсемпе комсомолецсем тата çамрăксем ыттисене пример кăтартаççĕ. Колхозра пурĕ 56 комсомолец, вĕсенчен 39-шĕ мĕн çуракине тухнăранпах уй-хирте ĕçлеççĕ. И. Брусов, В. Григорьев, Н. Алексеев, М. Алексеева, Р. Яковлева, В. Андриянов тата ытти вуншар комсомолецсемпе çамрăксем калчасене апат парса сўреленĕ чух та малта пычĕç, халĕ çуртри акмалли çĕр участокĕсене культиваци тунă е акнă хыççăн сўреленĕ çĕрте те ĕç нормисене 150—160-шар процент тултараççĕ.

Хирте кунĕн-çĕрĕн тракторсем кĕрлеççĕ. Колхозниксем вăрлăх, тракторсем валли горючи, шыв турттараççĕ.

Кашни бригадăрах тата фермăсенче комсомол группisем организациленĕ. Çавăн пек группăсем колхозра пурĕ ççиччĕ. Комсомол комитечĕн секретарĕ Н. Иванов юлташ групкомсоргсемпе калаçать, боевой листоксен редакторĕсене вĕрентет, ăнлантарать. Ăна час-часах лаша тытса культиваци е сўре тунине куратăн.

— Хăвăртрах та лайăхрах акар!—çакăн пек лозунг «Дружба» колхозра халĕ.

Ака-суха ĕçĕнче В. Григорьев юлташ ертсе пыракан 17-мĕш трактор бригадинчи трактористсем лайăх ĕçлеççĕ. Пĕр тракторпа виçĕ культиватор кăкарса сменăра 48 гектар культиваци тумалла пулсан, Н. Кузнецов, Т. Никитин, И. Александров трактористсем 50—55-шер гектар культиваци тăваççĕ, вĕсем сехет графикĕпе ĕçлеççĕ.

П. Александров тракторист виçĕ трактор сеялкипе акать, ĕç нормине яланах 150—180 процент тултарать.

Колхозра пурĕ виçĕ трактор ĕçлет. Виççĕмĕш тракторĕпе Федор Матвеев тракторист культиваци тăвать. Вăл та виçĕ культиватор кăкарнă. Ку трактор хыççăн вара лашапа ĕçлекен ултă сеялкăпа кунĕн-çĕрĕн тырă акаççĕ. Сеялкăсем валли пурĕ 24 лаша çирĕплетсе панă, вĕсене ултшар килограмм сĕлĕ çитереççĕ. Лашасем темиçе сехетшер ĕçлеççĕ пулсан та тарламаççĕ, пуçĕсене ухса çĕç пыраççĕ. Сеялкăсемпе ĕçлекен М. Павлов, Н. Васильев, П. Макаров, Г. Скворцов юлташсем сменăра 4,5 гектар вырăнне 8—9-шар гектар акаççĕ. Акнă хыççăн В Брусов, М. Галугин, В. Кириллова, Г. Ефимова юлташсем кунсерен 6—7-шер гектар сўрелеççĕ.

Колхозра ĕç пахалăхĕ çине тимлĕн пăхаççĕ. Тирпейсĕр, начар туни пулсан, ĕçе çавăнтах, ĕçкунĕ памасăр, тепĕр хут юсаттараççĕ.

Çураки ĕçĕнче М. Филиппова комсомолка бригади малта пырать. Ку бригадăна Хисеп хăми çине кĕртнĕ. Вăйлă тырпул туса илнĕшĕн ăна правительство Ленин орденĕпе наградăланă.

Çураки хĕрсе пынă вăхăтрах, колхоз кĕрхи тырăсем акма çĕр хатĕрлеме тытăнчĕ. Ыраш тата кĕрхи тулă акма кĕркуннех 250 гектар хура çĕртме туса хăварнă, ăна 25 сантиметр тарăнăш сухаланă. Тăпрара нўр ан пĕттĕр тесе, халĕ хура çĕртмене культиваци тăваççĕ. Кăçал 100 гектар ирхи çĕртме тумалла, ăна 27 сантиметр тарăнăш сухалаççĕ. Сухаличчен гектар пуçне 25—30 тонна тислĕк кăлараççĕ. Хальхи вăхăтра колхозăн 40 ĕç вăкăрĕпе хĕрсех тислĕк тăкаççĕ. Çавăн пекех кашни гектар çине 10 центнер фосфорит çăнăхĕ тата 1,5 тонна известь сапса çĕре лайăхлатаççĕ.

Тракторсем кĕрлеççĕ «Дружба» колхоз хирĕнче. Ĕçчен колхозниксен хастарлăхĕ савăнтармаллипех савăнтарать.

**Гаврил ИСАЕВ.**

Совет Çарĕнчен килнĕ çырусем

# Совет воинĕ

Çичĕ çул каялла Берлин урамĕсенче çапăçу пĕрленĕ. Вилмеллех аманнă фашизм, хăйĕн юлашки вăйĕсене пухса, Совет Çарĕсене хирĕç тăнă. Анчах мĕнле вăй чарма пултартăр Совет Çарĕн хурçă пек вăйне?

Хулан тĕп урамĕсенче халĕ иртнĕ хаяр çапăçу йĕрĕсем нимĕн те юлман. Фашистсен йăви пулнă рейхстагран инçех мар Сĕнтерўпе утса тухнă совет салтакне чысласа лартнă памятник мăнаçлăн курăнса тăрать. Пьедесталь çинче совет салтакĕ, вăл хĕюллă, çивĕч куçĕсемпе малалла пăхать. Салтак ури айĕнче çапса аркатнă фашистсен свастики, сылтăм аллинче Сĕнтерўпе тутнтанă хĕç, сулахай аллинче фашизм пусмăрĕнчен ирĕке кăларнă хĕрача.

Çакă вăл пĕтĕм тĕнче, этемлĕх историне кĕрсе юлнă совет халăхĕн мухтавлă, Сĕнтерўллĕ салтакне чысласа лартнă памятник.

Совет воинĕ! Сталинград патĕнчен пуçласа эсĕ Берлин таран Сĕнтерўллĕн утса тухрăн. Эсĕ паян совет халăхĕн шухăш-кăмăлĕсене, Совет государствин мирлĕ политикине кăтартакан представитель.

Совет салтакĕсемпе офицерĕсем, Демократиллĕ Германи Республикин, нимĕç халăхĕн представителĕсем Тăван çĕршыва чыслăхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн паттăррăн çапăçса вилнĕ воинсен масарĕ çине, Сĕнтерўçĕ воина чысласа лартнă памятник çине чечек сыххисем хураççĕ.

Совет воинĕ ытти нумай нациллĕ халăх ывăлĕсемпе пĕрлех чăваш халăхĕн ывăлĕсем те Совет Çарĕнче примерлă воинсем пулма тăрăшаççĕ. Вĕсем политикăллă вĕренўре, çар техникине вĕренес ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Пирĕн салтаксем примерлă воинсем шутланаççĕ. Кунта Е. Дмитриев сержант çинчен пĕлмен пĕр военнослужащи те çук. Вăл Канаш районĕнче çуралса ўснĕ. Совет Çарĕн ретне тăриччен колхозра ĕçленĕ. Кăçал, февраль уйăхĕнче вăл Совет воинĕ тивĕçлĕ пархатарлă ĕç турĕ, шартлама сивĕре юханшывра путакан ултă çулхи ачана çăлчĕ. Ку ĕç çакăн пек пулса иртнĕ. Февраль уйăхĕн юлашки кунĕсенче Егор Дмитриев тактикăллă вĕренўрен таврăннă. Пысăк юханшыв хĕррипе иртсе пынă чухне çынсем кăшкăрашнине илтсе вĕсем патне пынă. Юханшыв варринче путакан ачана курнă. Çыран хĕрринче тăракан вуншар çын ачана çăлма пултарайман. Çакăн пек сивĕ çанталăкра шыва кĕме никам та хăйман.

Дмитриев сержант хăвăрт хывăнса пăр тăрăх шăнман вырăна чупса çитнĕ. Çак вăхăтра ача шыва путса кусран çухалнă. Кĕçĕн сержант шыва сиксе пăр айне чăмнă, ачана туртса кăларнă, вилĕмрен çăлнă. Дмитриев совет салтакĕ чăннипех те вилĕмрен çăлакан пулнине мирлĕ саманара тепĕр хутчен кăтартса пачĕ.

Командовани Дмитриев юлташа тав турĕ, хăй ятне çырнă аккордеон парса премиленĕ.

Танкист, Иван Николаев сержант (вăл та Вăрнар районĕнчен) икĕ хутчен «Отличный танкист» значок илме тивĕçлĕ пулчĕ. Политикăллă тата боевой вĕренўре паха тĕслĕхсем кăтартнăшăн ăна ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ кăçал Хисеп грамоти парса наградăларĕ, командовани сехет парса премилерĕ.

Çакăн пек тĕслĕхсем татах та вуншарăн илсе кăтартма пулать. Эпир, чăваш салтакĕсемпе офицерĕсем, Сĕнтерў кунне уявланă май çакна шантарса калатпăр. Совет салтакĕ кирек ăçта пулсан та Совет воинĕн ятне таса та сўлте тытĕ. Эпир Тăван çĕршыва, çирĕп мирлĕ пурнăçа сыхлама яланах хатĕр.

**А. ЕМЕЛЬЯНОВ.**

# Парти историне вĕренмелли кружоксенче итоглă занятисене мĕнле ирттермелле

Парти вĕренĕвĕн çулĕ вĕçленсе пырать. Большевизм историйĕпе теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем, çавăн пекех хăйсен идейăллă-политикăллă шайне политшкулсемпе кружоксенче вĕренекенсем халĕ итоглă занятисем ирттерме хатĕрленеççĕ. Парти вĕренĕвĕн çулĕ ялсенче июнĕн 1-мĕшĕнче, хуласенче—июлĕн 1-мĕшĕнче вĕçленет.

«ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренмелли кружоксенче итоглă занятисем хăçан ирттермеллине вырăнти парторганизацисем, кружоксем вĕренў программине пурнăçланине шута илсе, кашни кружок валли уйрăммăн палăртаççĕ. Кружок мĕнле сăлтавпа та пулин вĕренў программине пурнăçлас тĕлĕшпе кăштах юлса пырать пулсан, ăна занятисене июнĕн 1-мĕшĕнче мар, каярах вĕçлеме ирĕк памалла. Вĕренў программине чылай тултарман кружокра вара итоглă занятисене вĕреннĕ материал тăрăх ирттермелле те юлнă материала тепĕр вĕренў çулне хăвармалла. Вĕренў çулне хăвăртрах вĕçлес тесе материала çиелтен кăна вĕренсе иртсе кайни, вырăнсăр хыпаланни, занятисен пахалăхне чакарса эрнере ик-виçĕ заняти ирттерни пачах пулмалла мар.

Итоглă занятисен тĕллевĕ — большевикла партин историйĕпе теорийĕн тĕп ыйтăвĕсене вĕреннине аса илсе тухасси тата çирĕплетесси, кружок членĕсен политикăллă пĕлўлĕхне тĕрĕслесе палăртасси пулать. Итоглă занятисем кунпа пĕрлех кружок руководителĕсен, пропагандистсен ĕçне тĕрĕслени те пулать.

Итоглă занятисенче кружоксенче пуçламăш парторганизацисен тата партин хулари е районти комитечĕн представителĕсем пулаççĕ.

Тĕплĕн хатĕрленмесĕр, итоглă занятисене ăнăçлă ирттерме çук. Ку ĕçе çирĕп план тăрăх туса пымалла. Чылай кружоксенче итоглă занятисем ирттермелли плансем тунă та ĕнтĕ. Вĕсенче, сăмахран, вĕренекенсем материала харпăр хăй тĕллĕн аса илсе тухас, вĕреннĕ материала аса илме пулăшма лекцисем ирттерес, пĕчченшерĕн е ушкăн-ушкăнпа консультацисем ирттерес т. ыт. ĕçсене туса ирттерме конкретлă срокĕсем палăртаççĕ. Пропагандистсен çав планпа вĕренекенсене вăхăтра паллаштармалла: итоглă занятисене хатĕрленме сахалтан та 10—15 кун хушши вăхăт памалла.

Вĕреннĕ материала харпăр хăй тĕллĕн аса илни кружок членне тарăн пĕлў илме май парать. Кам вĕреннĕ материала аса илес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлет, вăл вĕреннине лайăххах ăнланать, çапла вара вĕренў çулне ăнăçлăн вĕçлет. Вĕреннĕ материала тепĕр хут пăхса тухни мана вырăнсене аса илме, фактсемпе положенисене системăна кĕртме пулăшать.

Парти историне кружоксенче вĕренекенсем — пирĕн колхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче, предприятисемпе учрежденисенче ĕçлекен нумай йышлă кадрсем. Колхозлă ялсенче халĕ çурхи уй-хир ĕçĕсем сарăлса пыраççĕ, предприятисемпе учрежденисенче те хĕрў ĕç вĕресе тăрать. Паллах ĕнтĕ, кружок членĕн вăхăтпа туллин усă курма пĕлмелле. Кашни кун программăри хăш темăна аса илмеллине, консультаци хăçан пулмаллине, лекци хăçан итлемеллине палăртса, талăкри вăхăта график тăрăх уйăрса тухсан тата çав графика пĕр пăркаланмасăр пурнăçа кĕртсен тин мĕнпур материала ăнăçлăн аса илме пулать.

Кружок членĕн материала аса илнĕ чухне вĕренў çулĕ тăршшĕпе çырнă конспектсене вуланипех лăпланмалла мар. Унăн йывăртарах темăсемпе ыйтусене, хăй çителĕксĕр ăнланнă положенисене тепĕр хут «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕ» тăрăх тата марксизм-ленинизм классикĕсен уйрăм произведенийĕсем тăрăх аса илсе тухмалла.

Итоглă занятисене йĕркеллĕ ирттерессипропагандистран нумай килет. Пропагандист кружок членĕ программăри хăш материала çителĕксĕр ăнланнине, вĕреннĕ чухне хăш материал вĕренекенсемшĕн йывăртарах пулнине тĕплĕн пĕлсе тăрать. Унăн итоглă занятисем ирттермелли плана тунă чухне çавсене шута илмелле, кружок членĕсене асăннă çитменлĕхсене пĕтерме пулăшмалла.

Хăшпĕр кружоксенче программăри материала иртерех вĕренсе пĕтернĕ. Вĕсенче халĕ ятарласа тĕп темăсене аса илмелли занятисем ирттерме май пур. Çакă вăл вĕреннĕ материала тарăнрах ăнланма пулăшать. Кунпа пĕрлех обзорлă лекцисем, консультацисем — пĕчченшерĕн те, ушкăнăн-ушкăнăн та — ирттермелле. Консультацисене хăйсен ирĕкĕпе çўремен вĕренекенсене обязательнăй йĕркепе чĕнсе илмелле е вĕсем ĕçленĕ çĕре кайса йывăртарах ыйтусене ăнлантарса памалла. Уйрăмах начартарах вĕреннĕ, занятисене йĕркеллĕ çўреймен кружок членĕсене ытларах пулăшас пулать. Кашни вĕренекенпе уйрăммăн ĕçлемелле, мĕншĕн тесен материала пурте пĕр пек ăнланайманни палăрать: пĕрисем пĕр-пĕр темăна лайăхрах пĕлеççĕ, çав вăхăтрах хăшпĕр темăсене çителĕксĕр пĕлеççĕ.

Итоглă занятисем умĕн ирттерекен консультацисенче кружок членĕсене вĕреннĕ материала аса илме канаш памалла, хăш ыйтупа ытларах ĕçлемеллине, çĕнĕрен мĕнле материалпа паллашмаллине тата аса илес ĕçе мĕнле организацилемеллине кăтартса памалла. Ку ĕçре парткабинетсем пысăк ĕçсем туса ирттерме тивĕçлĕ. Вĕсен консультацисене вырăнта ирттерессине те организацилемелле.

«ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренмелли кружоксенче программа тăрăх итоглă занятисене тăватă сехет хушшинче—икĕ занятире ирттермелле. Анчах итоглă заняти яланхи пек икĕ сехет хушши кăна мар, ытларах та тăсăлма пултарать.

Итоглă занятисене анлă калаçу меслечĕпе ирттермелле. Вĕсенче нагляднăй пособисемпе, диаграммăсемпе, альбомсемпе, карттăсемпе усă курма май туса памалла.

Калаçăва пĕтĕм кружок членĕсене ыйту панипе пуçламалла. Ыйту парти историйĕн уйрăм пайне аса илме май патăр, çав вăхăтрах вăл тарăн та пурне те ăнланмалла пултăр. Икĕ-виçĕ сехет хушши пыракан итоглă заняти ирттерме парти историпе теорийĕн тĕп ыйтăвĕсене çутатакан 6—8 ыйту палăртсан та çитет. Ыйту панă хыççăнах вĕренекенсене ответлеме хушмалла мар, вĕсене çав ыйтăва мĕнле ответлемелли çинчен шухăшласа пăхма вăхăт памалла. Кружок членĕ ответленĕ чухне пропагандистăн е кружокри ытти вĕренекенсен ăна кансĕрлемелле мар, ответленĕ чухне репликăсем пама та юрамасть. Пĕр-пĕр ыйтăва кружок членĕ йăнăш ответлесен, пропагандистăн ăна хăйĕн тарăнрах сўтсе явса парас пулать.

Ыйтусене кружок членĕ хăйĕн ирĕкĕпе ответлеме кăмăл тунине шута илес пулать,—çакă вăл юлташла анлă калаçу ирттермелли тĕп принцип. Анчах пропагандист хăй ирĕкĕпе те вĕренекенсене панă ыйтăва ответлеме хушма пултарать. Малтан пĕлў енчен вăйсăртарах кружок членне ответлеме хушмалла. Ун хыççăн вара лайăх вĕренекене сăмах памалла. Вăл хăй умĕн ответленĕ вĕренекен сиктерсе хăварнă ыйтусене, фактсемпе положенисене тарăнрах çутатса пама пултарать. Занятисене пурне те активлăн хутшăнмалла тăвас пулать.

Марксизм-ленинизма творчествăллă вĕренни итоглă занятисенче уйрăмах лайăх палăрать. Кружокра вĕреннĕ ыйтусене хальхи пурнăçпа, практикăллă задачăсемпе тĕрĕс çыхăнтарма пĕлни марксизм-ленинизм теорине мĕн чухлĕ ăнăçлă алла илнинчен килет.

Юлашки занятире итоглă занятисем мĕнле иртнине пăхса тухмалла: пропагандист кружок вĕренў çулĕнче мĕнле ĕçлени çинчен тĕплĕн каласа парать, кашни вĕренекен хăйĕн идейăллă-политикăллă шайне хăпартас тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине палăртать, урăхла каласан, кружок членĕ «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕреннисĕр пуçне мĕнле произведенисем вуланине, конспект мĕнле çырса пынине, вĕренўре мĕнле ĕлкĕрсе пынине, çав вăхăтрах производствăра мĕнле ĕçленине палла тăвать, çитес вĕренў çулĕнче кашни кружок членĕ хăйĕн идейăллă-политикăллă шайне ўстерес енĕпе ăçта, мĕнле майпа вĕренме пултарни çинчен кăтартса, канашсем парать.

Марксизм-ленинизма малашне те вĕренме хавхалантартăр тесен, пропагандистсен итоглă занятисене юлташла обстановкăра ирттермелле. Итоглă занятисене экзамен пек ирттерни пулмалла мар.

**Г. ИШИВАНОВ.**

# Хастарлă салтак

Пирĕн çар чаçĕнчи салтаксем хушшинче Вăрмар районĕнчи Чупай ялĕнче ўснĕ В. Антонов хăйĕн йĕркелĕхĕпе тата çирĕп дисциплинипе палăрса тăрать. Вăл колхозра тухăçлă тырпул туса илессишĕн тăрăшса ĕçленĕ, правительство ăна Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ тата «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль парса наградăланă. Колхоз уй-хирĕнче вăйне шеллемесĕр ĕçленĕ пекех вăл çар службинче те Тăван çĕршыва сыхлама хастарлă вĕренет. Ăна юлташĕсем те, командирсем те хисеплеççĕ. А. Антонов хăйĕн юлташĕсем хушшинче колхозра мĕнле ĕçлени çинчен час-часах каласа парать.

Нумай пулмасть вăл хăйĕн юлташĕсем çырнă çырусене пире вуласа пачĕ. Колхозри юлташĕсем ун патне хăйсен колхозĕ мĕнле ĕçлени, тăван колхоз пурнăçĕ çинчен çырса пĕлтереççĕ. Колхоз çитĕнĕвĕсем салтака хавхалантараççĕ, Тăван çĕршыв чиккисене çирĕп сыхлама хушаççĕ. В. Антонов юлташсен шанчăкĕпе никамне пурнăçа кĕртсе пырать. Ăна отлично вĕреннĕшĕн тата çирĕп дисциплинăллă пулнăшăн ефрейтор ятне панă. Нумай пулмасть часть командирĕ ăна строй умĕнче тав турĕ.

**Н. ИВАНОВ.**

## ЙЫВĂÇСЕМ ЛАРТАÇÇĔ

КАЛИНИНО, Уй-хирсене шăрăх силсенчен хўтĕлеме Буденный ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çул 2,5 гектар çине акаци, вĕрене, хыр лартса хăварчĕ. Йывăçсем лайăх çитĕнеççĕ.

Колхоз кăçал пуçĕ чиккисене татах пилĕк гектар йывăç лартать. Бригадăсенче йывăçсем лартас ĕç хĕрсех пырать. Пурĕ 10 пин тĕп тĕрлĕрен йывăçсем лартаççĕ.

**И. ПРОКОПЬЕВ.**

# Шкулсенчи экзаменсем умĕн

## Ответлă тапхăр

Вĕренӳ сулĕ вĕçленсе пырать, экзаменсен вăхăчĕ çывхарать. Экзаменсем учительсен тăрăшса ĕçленине, пĕтĕм программăна тĕплĕн вĕренсе тухнине, ачасене тарăн пĕлӳ панине, вăл пĕлӳсене практикăлла ĕçсене пурнăçлама хăнăхтарнине кăтартса параççĕ.

Шкулсенчи çак питех те ответлă ĕçе ирттерме хатĕрленес тĕлĕшпе районти сутĕç пайĕ ятарласа шкул директорĕсемпе заведующийĕсен канашлăвне ирттерчĕ. Унта экзаменсем ирттермелли инструкцине тепĕр хут тĕплĕн паллаштарăмăр, вĕрентӳ ĕçне аса илмелли майсем çинчен докладсем итлерĕмĕр. Çавăн пекех «Учительсен кунĕ» ирттертĕмĕр.

Вĕренӳ сулĕ тăршшĕнче шкулсем вĕрентӳпе воспитани ĕçне малалла чылай лайăхлатрĕç. Çавна май вĕренекенсем ĕлкĕрсе пырасси III-мĕш чĕрĕкре чылай ӳсрĕ: лайăх тата отличнă вĕренекенсем нумайланчĕç, ĕлкĕрсе пыраймannисен хисепĕ чакрĕ. Ун пеккисем районти шкулсенчи 34 класра пачах пулман. Пур шкулсенче те программăри материалсене вĕренсе пĕтерчĕ. Халĕ вĕреннине тепĕр хут тĕплĕн аса илсе тухас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Учительсен коллективĕсем IV-мĕш чĕрĕкре тата та çине тăрса ĕçлеççĕ, мĕншĕн тесен пурте ĕлкĕрсе пырасси сутăлăк тăршшĕпе çыхăннă. Вĕренекенсене экзаменсене тĕрĕс хатĕрленнинчен те нумай килет. Çавăнпа та вĕреннине аса илни усăллă пултăр тесе, çак ĕçре учительсем пур майсемпе те усă курма, творчествăллă пусăрулăха ытларах кăтартма тăрăшаççĕ.

Нумай учительсем теориллĕ материалсене аса илнĕ чухне лабораторичи практикăллă ĕçсемпе, экскурсисемпе пĕлсе усă кураççĕ. Çапла туни вăл вĕреннине практикăлла ĕçпе çыхăнтарма, ытларах хăнăху илме май парать. Мăн Пакашри çичĕ çул вĕренмелли шкулта физикăна ĕçлекен В. Свешников учитель вĕреннине аса илес шутпа вĕренекенсене районти машина-трактор станцине илсе кайрĕ, унта вĕсен двигатель мĕнле ĕçленине паллаштарчĕ. Çавăн пекех Хучашри çичĕ çул вĕренмелли шкулти учитель физика предметне тĕплĕн вĕрентес шутпа практикăллă ĕçсем нумай тăвать. Вăл ертсе пынипе çиччĕмĕш класра вĕренекенсем физика приборĕсем хăйсем чылай тунă, юсанă. Халĕ çак приборсем вĕреннине аса илнĕ чухне усăлла пулчĕç.

Çутă тухнă май учительсем вĕреннине аса илмелли хăшпĕр занятисене тулта ирттереççĕ. Килтĕрри çичĕ çул вĕренмелли шкулти биологи учителĕ Н. Усов юлташ шкул участокĕ çинче тĕрлĕрен çимĕçсем лартса шăтарса туса илет. Вĕçĕмĕ колхоз хирне тухса сеялка мĕнле ĕçленине вĕренеççĕ, вăрлăхсене яровизаци туса çăнаççĕ. Ӳсентăран аталанне çăнаса тĕпчеççĕ. Çавăн пекех Якаткасинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулти учитель И. Алексеев юлташ ертсе пынипе ачасем колхоз хирĕнче вуçă çавранăшне мĕнле йĕркеленине паллашнă. Çак шкулти математика учителĕ С. Лаванов хĕл каçипех ачасене çирĕп пĕлӳ парать. Кунта пĕрмаях математика кружокĕ ĕçлерĕ. Халĕ вăл ĕлкĕрсе пыраймасан ачасемпе ытларах ĕçлет, харпăр хăй хĕллен ĕçлеме хăнăхтарса парать.

Шкулсен руководителĕсем вĕренекенсене экзаменсене хатĕрлеме лайăх условисем туса парас тĕлĕшпе уйрăмах тăрăшаççĕ. Турайри, Килтĕрри çичĕ çул вĕренмелли тата ытти шкулсенче те уйрăм предметсем тăрăх вĕренекенсене тăтăшах консультацисем параççĕ. Вĕреннине аса илмелли пӳлĕмсем тунă. Шкулсене общественность хушшинчи çыхăнăва та ытларах вăйлатрĕç. Мăн Ямашри, Тури Ачакри çичĕ çул вĕренмелли шкулсенче вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсемпе ятарласа пухусем туса ирттерчĕ, ачасене экзаменсене хатĕрлесси, вĕсен кун режимĕ йĕркелесси çинчен каласа панă.

Çавнашкалах кăçал экзаменсене хатĕрленес тĕлĕшпе шкулсенчи пионер организацийĕсем хăйсен ĕçне чылай вăйлатрĕç, вĕсем пысăк пулăшу параççĕ. Турайри çичĕ çул вĕренмелли шкулта пионерсем пĕр-пĕрне пулăшассипе лайăх йĕркеленĕ. Класс руководителĕсемпе пионер вожатăйĕсем ачасене киле парса янă ĕçсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеççĕ. Юлашки вăхăтра класлайсем стена хаçачĕсем йĕркеллĕ тухса тăма тытăнчĕç. Унта учительсем вĕренекенсене экзаменсене хатĕрленес ыйтусене сутатаççĕ.

Калас пулать, вĕреннине аса илессине йĕркелес, экзаменсене хатĕрленес ĕçсене пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Хăшпĕр шкулсенче юлашки темăсене васкаса вĕреннисем пулнă. Шĕмшешри çичĕ çул вĕренмелли шкулта биологи предметне сутăлăк тăршшĕпе чĕрĕ ӳсентăрансемсĕр вĕрентнĕ. Çак çитменлĕхсене халĕ те тӳрлетмен-ха. Хăш-пĕр шкулсенче вĕреннине аса илессине йăлăшĕн кăна тума пăхнă. Мăн Чурашри сăтам шкулĕнче хăшпĕр ĕлкĕрсе пыраймен ачасене «çĕнĕ çапах тепĕр çула юлăр класрах юлма тивет, ун пек пулăсчĕн вĕренме пăрахас пурать», тесе ĕнентерме пăхнă. Çавна пула IV-мĕш класра вĕренекенсенчен хăшпĕрисем шкула çӳреме пăрахнă. Уй-хир ĕçĕсене хутшăнтарнă пирки Шĕмшешри çичĕ çул вĕренмелли шкулта виçĕ ача шкула çӳреме пăрахнă.

Асăннă çитменлĕхсене, паллах, часрах пулмасть. Экзаменсене хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерсе пыма тăрăшатпăр. Лайăх ĕçлекен шкулсенче учительсен опычĕсемпе туллин усă курса, организациллĕ тата методикăллă ĕçсене куллен аванлатса пырса экзаменсене ăнăçлă ирттермелле тăватпăр.

**С. ИЛЬИН,**
**Районти сутĕç пайĕн заведующийĕ.**
Советски районĕ.

## Экзамен иртерекен комисси председателĕсен канашлăвĕ

Çак кунсенче Шупашкарта шкулсенче экзаменсем ирттерекен комисси председателĕсен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ.

Атестат зрелости илмелли экзаменсем ирттерекен комисси председателĕсем — вăтам шкул директорĕсем канашлура шкулсенче экзаменсене хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен Чăваш АССР Сутĕç министерствин шкул управлени начальникĕн Т. Ефремов юлташăн докладне сӳтсе яврĕç.

Доклад тăрăх Дрĕмин юлташ (Пăрачкав), Соловьева юлташ (Улатăр хули), Юлмасов юлташ (Вăрнар), Матижева юлташ (Чăваш АССР Сутĕç министерстви) Тимофеев юлташ (Учительсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институт) т. ыт. те тухса каларĕç.

Юлашкинчен Чăваш АССР Сутĕç министрĕ **А. Токарев** юлташ экзаменсене хатĕрленес тĕлĕшпе шкулсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен каласа пачĕ.

Шупашкарти 22-мĕш вăтам шкулта 7-мĕш «б» тата «в» классенче вĕренекенсем (сулахайран сылтăмалла): Л. Шварцман, Л. Петрова, В. Ходченкова, И. Катальшева, Н. Погдева тата А. Колюшкина географипе экзамена хатĕрленеççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Вĕренӳпе кану

ПАРАЧКАВ. Анастасри вăтам шкул ачисем, хăйсен учителĕсемпе класс руководителĕсем ертсе пынипе, çитес экзаменсене çине тăрса хатĕрленеççĕ. Шкулти коридорсемпе плакатсем, стена хаçачĕсем ачасене экзаменсене тимлĕн хатĕрленме чĕнеççĕ. Кунтах ачасен асра тытса тăмалли памятка пур, унта экзаменсене хатĕрленнĕ вăхăтра тата экзаменсем пынă чухне шкул ачи кун йĕрки мĕнле пулмалли çинчен каласа панă. Кунтах экзаменсем ирттермелли расписание çакса тăрать. Учительсем вĕренекенсене экзаменсене мĕнле хатĕрленмелли çинчен тĕплĕн ăнлантарса панă.

Экзаменсене хатĕрленнĕ тата экзаменсем ирттернĕ вăхăтра ачасен кану вăхăтне тĕрĕс йĕркелени пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çакна шута илсе, пирĕн шкулти учительсем ачасен пушă вăхăтне культурăллă ирттерме тăрăшаççĕ.

Ю. Николаев учитель ертсе пынипе шкулта иккĕмĕш çул ĕнтĕ хор кружокĕ ĕçлет. Хорта 40 ача. Хор коллективĕ кăçал кăна ялти клубра вунă концерт панă. Хор пултарулăхĕ ял çыннисене хавхалантарать.

Шкулта драма коллективĕ те пур. Ăна З. Серебрякова, Т. Нюбина тата О. Сафонова учительницăсем ертсе пыраççĕ. Хорпа драма кружокĕсем экзаменсем пынă кунсенче ачасен кану вăхăтне культурăллă ирттерме тĕрлĕ выступленисем параççĕ.

Вĕренекенсем валли ятарласа канмалли пӳлĕм тăватпăр. Унта шахмăтпа шашка, домино пулаççĕ. Спорт площадкинче волейбол, чушка т. ыт. вăйăсем те ирттереççĕ. Шкултах тир пур. Ачасем хăйсен кану вăхăтне тир патĕнче тата спорт площадкинче ирттерме юратаççĕ.

Экзаменсене хатĕрленнĕ май ачасем тĕрлĕрен экскурсисем ирттереççĕ. Республикăри промышленноçпа паллашас шутпа вĕсем Улатăрти тата Çĕмĕрлери предприятисенче пулаççĕ.

Ачасен кану вăхăтне усăллă та культурăллă йĕркелени экзаменсене ăнăçлă ирттерме пулăшĕ.

**М. ДРЕМИН**
**Вăтам шкул директорĕ.**

## КЛАСС ЧЫСĔШĔН

Ешĕл вăрмансем хушшинчи тӳремлĕхре сарăлса ларакан Йăмраллă ялан хĕрринче инçетренех тăррине хĕрлĕ тĕслĕ шуçтимĕр витнĕ пысăк сурт курăнса ларассĕ. Кусем — Канаш районĕнчи Янкăлчри вăтам шкул сурчĕсем. Унта 500 ачана яхăн вĕренет. Шкулта халĕ хĕрӳллĕ тапхăр. Учительсем те, вĕренекенсем те пĕр пысăк шухăш—каçалхи вĕренӳ çулне ăнăçлă вĕçлесси.

Пур классенче те тенĕне пĕрех вĕренӳ программине пурнăçланă, аса илес ĕç пырать. Акă, 10-мĕш класс. Унта 27 çамрăк. Вĕсен кăçал аттестат зрелости илме экзамен тытмалла. Вĕренекенсем çак куна хумханса кĕтеççĕ. Вĕсен çутă çăнĕсенче пысăк шанăç палăрать. Вĕсем хĕлĕпех тăрăшса вĕреннĕ. Класс кĕркуннерен пуçласа унччен хи сулсенче вĕреннисене аса илес тĕлĕшпе ĕçлет. Уйрăмах ку тĕлĕшпе математика преподавателĕ Н. Федорова юлташ тимлĕ тăрăшать. Вăл ку шкулта саккăрмĕш çул вĕрентет. Çак çулсем хушшинче вăл çĕршер çамрăка вĕрентсе кăларнă. Уншăн экзамен ирттересси çăмăл ĕç пек туйăнмалла, анчах учительница ун пек шутламасть. Вăл хăйĕн ĕçĕ çине тимлĕн пăхать.

— Экзаменсене кам мĕнле тытассине çинчен халех калама хĕн, анчах пурте йĕркеллĕ тытасса манăн шанас килет,— тет вăл.

— Тăван çĕршывăн шанчăкне тӳрре кăларасси пирĕн тивĕç,— теççĕ вĕренӳре яланах малта пыракан В. Максимовăпа А. Павлов комсомолецсем. Вĕсем обзорлă лекцисемпе консультацисене, лабораториллĕ занятисене пĕр сиктермесĕр çӳреççĕ, экзаменсене тимлĕн хатĕрленеççĕ. Акă, 7-мĕш классем. Кунта аллă ача. Вĕреннине аса илмелли пӳлĕмрен Н. Майоровпа М. Ильин—вĕренӳ отличникĕсем каласса тухаççĕ.

— Тата икĕ эрне. Вара пуçланать... тет Ильин.

— Пуçланать. Мĕн, шикленетĕн-им?— ыйтать юлташĕ.

— Çук, хамăн мар. Класс пирки шухăшлатăп. Класĕпех лайăх вĕренсе тухасчĕ.

М. Ильин комсомолец класс старости. Вăл кăçал ытти комсомолецсемпе пĕрле класа малти вырăна кăларассишĕн хĕлĕпех тăрăшрĕ. Вĕренекенсен ытларах пайĕ кунта «5» тата «4» паллăсемпе вĕренет. Анчах класра вĕренӳре хушăран ĕлкĕрсе пырайман И. Петров пек çамрăксем те пур-ха. Комсомолец Ильин çавсем çинчен, вĕсене мĕнле пулăшу памалли çинчен шухăшлать.

Çиччĕмĕш класс экзаменсене пикенсе хатĕрленет. Вĕреннине аса илнĕ май истори, конституци, географи предмечĕсемпе обзорлă лекцисем, консультацисем пулса иртеççĕ, химипе физика предмечĕсемпе тĕрлĕрен опытсем ирттереççĕ, экскурсисенче пулаççĕ.

Экзаменсене хатĕрленесси ытти классенче те çавăн пекех йĕркеллĕ пырать. 5-мĕш классенче вĕрентекен В. Петровăпа М. Иванова учительницăсем тахçанах ĕнтĕ арифметика тата вырăс чĕлхипе вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймannисемпе уйрăммăн занятисем ирттереççĕ. Çак ĕçе тĕрĕс йĕркеленине тата тăрăшса туса пынине пула В. Яковлева, В. Семенов тата ытти пионерсем юлашки вăхăтра йĕркеллĕ вĕренекен пулнă.

6-мĕш класра вĕренекенсем кăçал ботаникăпа экзамен тытаççĕ. Çак предметпа вĕсене В. Рекеева юлташ вĕрентет. Рекеева юлташăн педагогика опычĕ пысăк. Вăл ĕнтĕ 12-мĕш çул ĕçлет. Унăн предмечĕпе вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймannисем çук. Анчах учительница кунпа лăпланмасть. Вăл, ачасене тата лайăхрах пĕлӳ парас тесе, çĕнĕрен çĕнĕ меслетсем шырать. 5—6-мĕш класра вĕренекенсем хальхи вăхăтра практикăллă занятисене шкул пахчинче ирттереççĕ. Унта вĕсем тĕрлĕ çимĕçсем акаççĕ, сăнавсем тăваççĕ.

Географипе вĕрентекен учитель Ю. Васильев та чылай урокĕсене сутçантаăлăкра ирттерет. 5-мĕш класра «Юханшывсен ĕçĕсем» ятлă темăпа аса илмелли урока вăл юханшыв хĕрринче ирттерчĕ. Ачасем юханшывсен ĕçне хăйсен куçĕсемпе курчĕç. Паллă: ку урок вĕсен асăнчен нихçан та тухмĕ.

Экзаменсене хатĕрленес ĕçе комсомолпа пионер организацийĕсем те активлă хутшăнаççĕ. Шкулта 150 комсомолец. Вĕсем хăйсен пухăвĕнче экзаменсене лайăх тытма сăмах пачĕç. Экзаменсене хатĕрленнĕ май нумай çамрăксем комсомол ретне кĕреççĕ.

— Экзамена комсомолец пулса кĕме шутларăм,— тет çиччĕмĕш класра вĕренекен М. Алексеева. Ку вăл совет çамрăкĕн шухăшĕ. Çак шухăшра ачасем экзаменсене чăнлăпех те пысăк вырăна хуни палăрать. Вĕсем ăна ăнăçлă ирттерсе Тăван çĕршыва пысăк царне кӳрĕç.

**А. ПАВЛОВ.**

## Общественность тăрăшнипе

КУСЛАВККА. Сталин юлташ чĕлхе вĕрентĕвĕн ыйтăвĕсем тăрăх çырнă произведенисем пирĕн учительсене хăйсен вĕрентӳ ĕçне лайăхрах йĕркелеме пулăшрĕç. Тĕрлемесри вăтам шкул коллективĕ кăçал иртнĕ çулхисенчен чылай лайăхрах ĕçлерĕ.

Кăçал пирĕн шкулта 689 вĕренекен экзамен тытать. Вĕсенчен аттестат зрелости илмелли экзаменсене 49 вĕренекен тытмалла.

Экзаменсене хатĕрленес тĕлĕшпе шкул дирекцийĕ, партипе комсомол тата профсоюз организацийĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăну тытса ĕçлеççĕ.

Опытлă учительсем экзаменсене хатĕрленес ĕçре çамрăк учительсене пулăшаççĕ. Малтан вĕреннине аса илес тĕлĕшпе уйрăмах Э. Абакумова, В. Тюмерова, А. Короткова учительницăсем урокĕсене лайăх ирттереççĕ.

Совет общественноçĕ пулăшнипе шкулта апрель уйăхĕнче ачасем валли вĕри апат организациленĕ. Унта халĕ 64 вĕренекен апатланать. Экзаменсем вăхăтĕнче 100 ача валли вĕри апат хатĕрлеме пулаççĕ.

Ял Совечĕ те, колхоз правленийĕ те шкула чылай пулăшаççĕ. Эпир çапла шутлатпăр: шкул коллективĕ, совет общественноçĕ активлă пулăшнипе, умра тăракан ответлă задачăсене ăнăçлă пурнăçлĕ.

**М. ИВАНОВ,**
**Вăтам шкулăн вĕрентӳ пайĕн заведующийĕ.**

## Пĕр-пĕрне пулăшаççĕ

Шăхасанти вăтам шкултан вĕренсе тухакансем çитес экзаменсене тĕплĕн хатĕрленеççĕ. Вĕсем пур предметсем тăрăх та «4» тата «5» паллăсем илесшĕн тăрăшаççĕ.

Хĕллехи каникулсем вăхăтĕнче кунта çак шкултан вĕренсе тухнă, халĕ аслă шкулсенче вĕренекен студентсем пулнă. Вĕсем 10-мĕш класра вĕренекен ачасемпе тĕл пулса калаçнă. Çакăн хыççăн кăçал вăтам шкултан вĕренсе тухакан çамрăксем пурте аслă шкулсене вĕренме кайма кăмăл тытнă.

Экзаменсене хатĕрленес ĕçре вĕренекенсем пĕр-пĕрне пулăшаççĕ. Акă, 10-мĕш класра вĕренекен В. Куликов, 9-мĕш класра вĕренекен Э. Григорьевăпа Т. Карпова отличницăсем вĕренӳре юлса пыракан ачасене экзамена хатĕрленме пулăшаççĕ.

Экзаменсене хатĕрленес ĕçре уйрăммăнах биологи предмечĕпе лайăх пулса пырать. Ю. Степанова учительница ертсе пынипе халĕ вĕренекенсем шкул пахчинче практикăллă ĕçсем ирттереççĕ.

Аслă классенче вĕрентекен учительсенчен уйрăммăнах Г. Алендеев, В. Куликов, С. Петров юлташсем экзамена хатĕрленес ĕçре вĕренекенсене тимлĕ пулăшаççĕ. Алендеев юлташ, историпе вĕрентнĕ чухне, авал пулса иртнĕ ĕçсене хальхи пурнăçпа çыхăнтарать, социализмлă строй капитализмлă стройран малта пыракан строй пулса тăнине тарăн ăнланса илме пулăшать. С. Петровпа В. Куликов юлташсем математикăпа асаилӳ урокĕсене лайăх ирттереççĕ.

Шкул çумĕнче методика секцийĕ пур. Вăл лайăх ĕçлекен учительсен паха опычĕсене сарать. Усă уроксем ирттерсе, çамрăк учительсене методикăллă кăтартусем парас ĕçе йĕркеленĕ. Опытлă учительсем педагогика ыйтăвĕсем тăрăх чылай докладсем ирттернĕ.

Шкул коллективĕ экзаменсене йĕркеллĕ, ăнăçлă ирттерме мĕн кирлине пĕтĕмпех тума тăрăшать.

**М. ПĔТРОВ.**
**В. КУРОПАТКИН.**

## ПАЯНХИ ЗАДАЧĂСЕМ

Вĕренӳ çулĕн тăваттăмĕш чĕрĕкĕ вĕçлениччен шутлă кунсем юлчĕç. Кĕçех шкулсенче экзаменсем пуçланаççĕ. Экзаменсем ирттересси шкул пурнăçĕнчи ответлă тапхăр пулса тăрать.

Вĕренӳ çулне ăнăçлă вĕçлесси—шкулсен, учительсен ответлă задачи. Вĕренекенсем экзаменсене лайăх хатĕрленсе пыма тивĕç. Вĕсем вĕренӳ çулĕ тăршшĕнче нумай пĕлӳ тата кирлĕ хăнăхусем туянчĕç. Экзаменсем вĕренекенсемпе учительсен ĕçне тĕрĕслени пулать.

Республикăри чылай шкулсенче хальхи вăхăтра хăйсен коллективĕсем умĕнче мĕнле задачăсем тăнине лайăх пĕлеççĕ, вĕсем экзаменсене тĕплĕн хатĕрленеççĕ, шкулсенчи вĕрентӳпе воспитани ĕçне тĕрĕс йĕркеленĕ.

Шупашкарти пĕрремĕшпе виççĕмĕш вăтам шкулсенче, Куславкка районĕнчи Тĕрлемесри, Пăрачкав районĕнчи Анастасовăри, Улатăрти саккăрмĕш вăтам шкулсенче экзаменсене тимлĕн хатĕрленеççĕ. Ку шкулсенче вĕренӳ программисене пур предметсем тăрăх та вĕренсе пĕтернĕ. Хальхи вăхăтра унта малтан вĕреннине аса илтерес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеççĕ. Ятарласа тунă план тăрăх истори, литература, физика тата математика предмечĕсемпе обзорлă тата тематикăллă лекцисем ирттереççĕ. Шкулсенче ачасене экзамена хатĕрленме уйрăм пӳлĕмсем уйăрса панă. Унта учительсем дежурство тăваççĕ.

Калас пулать: экзаменсене пур шкулсенче те кирлĕ пек хатĕрленмеççĕ-ха. Нумаях пулмасть Вăрнар, Вăрмар тата Канаш хулинчи шкулсенче пулнă тĕрĕслӳ çакна кăтартса пачĕ: хăшпĕр учительсем малтан вĕреннине аса илмелли уроксене начар ирттереççĕ, вĕренекенсене киле заданисем ытлашши нумай парса яраççĕ. Çакнашкал çитменлĕхсене халех пĕтермелле. Малтан вĕреннине аса илтерес ĕçе тĕплĕн йĕркелесси—кашни учителĕн таса тивĕçĕ. Асаилӳ урокĕсене тĕплĕн хатĕрленсе ирттерес пулать. Кунта вĕрентӳпе наглядлăй пособисемпе, лабораторисемпе анлăрах усă курмалла. Вĕренекенсене киле заданисем парас ĕçе тĕрĕс йĕркелемелле.

Кашни вĕренекен вĕренӳ çулĕ тăршшĕнче кашни предмет тăрăх мĕнле вĕренсе пынине палăртса тĕрĕс хак памалла, экзамен тытма тивĕçлипе тивĕçлĕ маррине палăртса хумалла. Çаксем вĕсем экзаменсене хатĕрленнĕ май тумалли паллă ĕçсем пулса тăраççĕ. Ку ĕçре иртнĕ çулхи йăнăшсене шута илес пулать. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче хăшпĕр шкулсенче уйрăм вĕренекенсене—экзаменсем тытма тивĕçлĕ маррисене экзамен тытма ирĕк панисем пулнă. Çакнашкал йăнăшсем кăçал пулмалла мар. Вĕренӳ çулĕ тăршшĕнче кашни предмет тăрăх мĕнле вĕреннине хакласа палăртас ĕç çине учительсен тимлĕн пăхас пулать.

Практика çакна кăтартса парать: пуçламăш классенче вĕрентекен учительсем вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймannисем ан пулччăр тесе хăй вăхăтĕнче тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймannисене тивĕçлĕ пулăшу парас вырăнне вĕсемпе пачах ĕçлеме пăрахаççĕ, çавна пула вара вĕсене пĕр класрах иккĕмĕш çула хăварма шутлаççĕ.

Хăшпĕр учительсем вара, шкул руководителĕсен тимсĕрлĕхне пула, вĕренӳре ĕлкĕрсе пынине хакламалли йĕркене пăсса вĕренекенсен пĕлĕвне ӳстерсе хаклаççĕ, аслăрах классене тĕрĕс мар куçараççĕ. Çавăнпах ĕнтĕ иртнĕ вĕренӳ çулĕнче тăваттăмĕш класри хăшпĕр вĕренекенсене çав класрах иккĕмĕш çул вĕренме хăвармалла пулнă.

РСФСР Çутĕç министрĕ И. А. Каиров юлташ «1-мĕш, 2-мĕш тата 3-мĕш классенче вĕрентӳпе воспитани парас ĕçĕн пахалăхне тата çав классенчи ачасене аслăрах класа куçарас ĕçе мĕнле йĕркеленине тĕрĕслессине вăйлатас пирки» ятарласа янă çырура çутĕç органĕсемпе шкул руководителĕсене çак ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, пуçламăш классен ĕçне тимлĕрех тĕрĕслесе тăма хушрĕ.

Пуçламăш классенче вĕренекенсене аслăрах классене куçарасси çинчен педагогика советĕнче е учительсен канашлăвĕнче сӳтсе явмалла.

Çак кунсенче шкулсенче ачасене экзаменсене хатĕрленме уйрăмах лайăх условисем туса пама тăрăшас пулать. Ачасем интересленекен пур ыйтусем тăрăх та учительсем ăнлантарса пама, консультаци пама тивĕç. Килте ĕçлеме тивĕçлĕ условисем çук ачасем валли шкулта ятарласа уйрăм пӳлĕмсем уйăрса памалла. Физика, хими, биологи кабинечĕсенче вĕренекенсем практикăллă ĕçсем, опытсем туса ирттерме пултарччăр.

Шкул ачисен йăлапа санитари условийĕсем çинчен те манма юрамасть. Шкулсем çумĕнчи интернатсенче инçетри ялсенчен вĕренме çӳрекен ачасем валли экзаменсене хатĕрленме кирлĕ условисем туса парас пулать. Шкулсенче буфетсем уçмалла, вĕри апат хатĕрлемелле.

Хальхи вăхăтра вĕренекенсене, уйрăмах кăçал вĕренсе тухакансене вĕренӳпе çыхăнман пур йышши ĕçсенчен те хăтармалла. Халĕ шкулсенче экзаменсене ăнăçлă ирттерме пулăшакан ĕçсем кăна пулмалла: обзорлă лекцисем, консультацисем, практикăллă ĕçсем тата ытти те.

Экзаменсем вăхăтĕнче вĕренекенсем валли тивĕçлĕ условисем туса парассишĕн ачасен ашшĕ-амăшĕсен уйрăмах тимлĕ тăрăшас пулать. Вĕренекенсен кун йĕркине, экзамена хатĕрленес ĕçе тата канăва тĕрĕс йĕркелеме пулăшасси—ачасен ашшĕ-амăшĕсен тивĕçĕ.

Экзаменсем кăçал та, иртнĕ çулсенчи пекех, СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ положени тăрăх иртмелле.

Экзаменсенче вĕренекенсенчен государство программи тăрăх ыйтаççĕ. Çутĕç органĕсен, шкул руководителĕсен, экзаменсем ирттерекен комиссисен шкулсенчи экзаменсене йĕркеллĕ, ĕçлĕхлĕ ирттерессишĕн кĕрешмелле.

Экзаменсем ирттернĕ чухнĕ вĕренекенсен пĕлĕвĕ мĕн чухлĕ çирĕп те тарăн пулнине тивĕçлипе тĕрĕслемелле. Пĕр класран тепĕр класа куçармалли тата аттестат зрелости илмелли экзаменсем—вĕренекенсен пĕлĕвне юлашки хут шута илмелли тĕрĕслӳсем пулса тăраççĕ. Экзаменсене ирттерес ĕçре ассистентсем уйрăмах паллă вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсен ачасен пĕлĕвне тĕрĕслес ĕçе активлăн хутшăнас пулать. Вĕренекенсен пĕлĕвне тĕплĕн тĕрĕслени çитес вĕренӳ çулĕнче вĕренӳ пахалăхне лайăхлатма кирлĕ сĕнӳсене хатĕрлеме май парĕ.

Иртнĕ çулта экзаменсем вăхăтĕнче хăшпĕр шкул руководителĕсемпе учительсем хăйсен начар ĕçне ачасен пĕлĕвне ӳстерсе хаклани витсе хăварма шутланисем пулнă. Акă, сăмахран, Чурачăк районĕнчи Кăшнаруйри тата Мотикассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулсенче вĕренсе тухнисем пĕлтĕр Чурачăкри вăтам шкула вĕренме кĕнĕ чухне вырăс чĕлхипе начар пĕлни палăрнă. Чурачăкри вăтам шкултан вĕренсе тухнисем чăвашсен педагогика институтне вĕренме кĕме экзамен тытнă чухне математикăпа тата физикăпа çителĕксĕр пĕлни палăрнă.

Чурачăк районĕнчи хăшпĕр шкулсенче ĕç начар пулни районти сутĕç пайĕнчен нумай килнĕ, вăл шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне мĕнле йĕркеленине çирĕп тĕрĕслесе тăман.

Чăн та ĕнтĕ, шăпах хальхи вăхăтра—экзаменсене ирттерме хатĕрленнĕ тата экзаменсем ирттернĕ вăхăтра ачасен вĕренĕвĕшĕн ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе учительсен ответлăхне ӳстермелле. Вырăс чĕлхипе, математикăпа тата ытти предметсемпе экзаменсем тытайман ачасем нумай пулсан, шкултан вĕренсе тухнă ачасем çичĕ çул вĕренмелли, вăтам тата аслă шкулсене вĕренме кĕреймеççĕ пулсан уншăн чи малтан учительсемпе шкул руководителĕсем айăплă. Çутĕç органĕсен шкулсен ĕçне вĕсен вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн результачĕсем тăрăх хакламалла.

Çутĕç органĕсен çакăншăн тăрăшмалла: шкулсенче вĕренӳре ĕлкĕрсе пыракансен хисепĕ ӳссе пытăр, вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн пахалăхĕ лайăхланса пытăр, пирĕн ачасен пĕлĕвĕ тарăн та çирĕп пултăр.

Пирĕн çĕршывра шкулсен вырăнĕ питĕ пысăк. Шкулсенчен çулсерен пиншер çамрăк вĕренсе тухать. Вĕсенчен чылайăшĕ аслă шкулсене вĕренме кĕреççĕ, тĕрлĕрен специальность илме тăрăшаççĕ. Теприсем фабрикăсемпе заводсенче тата колхозсемпе совхозсенче ĕçлеме тытăнаççĕ. Кирек ăçта пулсан та вĕсем пур çĕрте те халăх ĕçне, Тăван çĕршыва чыслă ĕçне тăваççĕ.

Большевиксен партийĕпе Совет правительстви тимлĕ тăрăшнипе хавхаланса, пирĕн учительсем экзаменсене лайăх хатĕрленсе ăнăçлă ирттерме пултараççĕ, пултарма тивĕç те. Коммунизм обществин пулас строителĕсене вĕрентсе воспитани парас ĕçре çĕнĕ çĕнтерӳсем тăвăр, кăçалхи вĕренӳ çулне пур енĕпе те лайăх вĕçлер.

**А. ТОКАРЕВ,**
**Чăваш АССР Çутĕç министрĕ.**

## Чăрмавсем пулмалла мар

УЛАТĂР. Хулари саккăрмĕш вăтам шкул коллективĕ çуркуннехи экзаменсене тимлĕ хатĕрленет. Ку ыйтăва эпир учительсен, вĕренекенсен тата ачасен ашшĕ-амăшĕсен пухăвĕсенче сӳтсе яврăмăр. Кунсăр пуçне кăçал шкултан вĕренсе тухакан вĕренекенсемпе професси суйласа илесси çинчен калаçусем ирттернĕ.

Халиччен вĕреннине аса илес ĕçе эпир вĕренӳ çулĕн виççĕмĕш чĕрĕкĕн пуçламăшĕнчех тытăннă. Консультацисем тата вĕреннине аса илмелли уроксем ятарласа тунă расписани тăрăх пулса пыраççĕ.

Экзаменсем ирттермелли расписани те туса хатĕрленĕ, хăçан мĕнле предмет тăрăх экзаменсем пулассине вĕренекенсем пурте пĕлеççĕ. Экзаменсем ирттерекен комисси членĕсем экзаменсем ирттермелли положенипе инструкцине тимлĕн пурнăçлама мĕн кирлине пĕтĕмпех тума тăрăшаççĕ. Анчах пирĕн çак ĕçре чăрмавсем те пур-ха.

Пирĕн экзаменсем ирттерекен комиссин икĕ шкулта—саккăрмĕш вăтам шкулпа рабочи çамрăксен каçхи вăтам шкулĕнче экзаменсем ирттермелле. Шкулта занятисем пур чухне те пĕр пĕк тикĕс пулса пыман, занятисене сиктерсе çӳренисем те час-часах пулнă. Çапла пулни те хăшпĕр предприятисемпе учрежденисен руководителĕсем каçхи шкулта вĕренекен çамрăксене экзаменсене хатĕрлеме халĕ те кирлĕ условисем туса пама тăрăшмаççĕ-ха. Экзамена хатĕрлеме тата экзаменсем пама каçхи шкулта вĕренекенсене вăхăтлăха ĕçрен хăтарас пулать.

**К. СОЛОВЬЕВА,**
**Экзамен ирттерекен комисси председателĕ.**

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корей Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ майăн 12-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Пур фронтсенче те Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле тăшманăн хаяр атакисене сирсе-сирсе янă, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине пĕтерсе пынă.

Хĕвеланăç фронтĕнче, Паньмыньчжоньрен хĕвелтухăç енче, тăшман пехотин икĕ батальонĕ, авиаци тата 20 ытла танк пулăшнипе, пирĕн çарсен оборона позицийĕсем çине темиçе хутчен те атака тума хăтланнă, пирĕн çарсем тăшмана каялла ывăтса янă, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене вĕлерсе тата пĕр батальон ытла тыткăна илнĕ. Тăшманăн 5 танк тата 5 автомашина аркатса тăкнă.

Вăтаçĕрти тата хĕвелтухăç енчи фронтсенче те тăшман атакисене сирсе янă, тăшмана пысăк сиен кӳнĕ.

Паян зенитнăй чаçсем тата тăшман самолечĕсене пĕтерес тĕлĕшпе кĕрешекен стрелок-охотниксем тăшманăн 8 самолетне персе ӳкернĕ.

## Кочжедо утравĕ çинчи пăлхав

ПЕКИН, майăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ майăн 10-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Кочжедо утравĕ çинче тыткăнри çынсене хупса усрамалли 76-мĕш номерлĕ лагерь пур. Лагерьте пурăнакансем майăн 7-мĕшĕнче бригаднăй генерала Додда тытса чарнă, вăл лагерьти çынсене хытă хĕсĕрленĕшĕн ответлă пулса тăрать. Тыткăнри çынсем Америка агрессорĕсем тискер ĕçсем тунăшăн хытă тарăхнă. Вĕсен Америка агрессорĕсене çавăн пек паттăррăн хирĕç тăмалли сăлтавсем ытлашшипех пур. Америка агрессорĕсем питĕ тискер ĕçсем тăваççĕ. Агрессорсем тыткăнри çынсене вăйпа пусмăрласа асаплантараççĕ, ӳт çине тĕрлĕрен паллăсем тăваççĕ, жалобăсем çине юнпа алă пустараççĕ. Кăштах хирĕç тăрсанах тыткăнри çынсене асаплантараççĕ тата вĕлереççĕ. Америка агрессорĕсем çавăн пек тискер ĕçсене этем сăнне çухатсах тăваççĕ.

Тыткăнри çынсем хирĕç тăнине курса, Америкăн агрессиллĕ хĕçпăшаллă вăйĕсен командующийĕ Риджуэй майăн 9-мĕшĕнче хирĕç тăнине вăйпа пусарма мĕн кирлĕ, çавна пĕтĕмпех тумалла, тесе приказ панă. Юнайтед пресс агентстви майăн 10-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, лагере çарсем хупăрласа илнĕ, вĕсем лагерьти çынсем çине тапăнма хатĕрленеççĕ.

Америка агрессорĕсем пирĕн çынсене халиччен хинчен те ытларах вĕлерсе пĕтерме, тыткăнри çынсене халиччен хинчен те ытларах асаплантарма хатĕр тăраççĕ. Пирĕн тыткăна лекнĕ çынсем унтан çăлăнса тухасшăн, вĕсен çак шухăшне нимĕн те сирсе яма пултараймасть. Тыткăнри çынсене хĕсĕрленĕшĕн пĕтĕмпех Америка агрессорĕсем ответлă пулса тăраççĕ.

### РИДЖУЭЙ ЯПОНИРЕ ПУЙСА КАЙНА

ТОКИО, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Риджуэй генерал Японирен кайнă май унти çынсем çапла каласа параççĕ: Риджуэй, Корейăра хăйĕн «талантне» тĕрлĕ енчен кăтартса панă, анчах вăл пуйма питĕ ăста пулни уйрăмах уççăн палăрнă. Çулталăк каялла Риджуэй хăйĕн çемйипе Японие килнĕ чухне унăн пĕчĕк багаж çеç пулнă. Ĕнер тата паян груз турттармалли 4 автомашина аэродрома Риджуэй багажне турттарнă, çав багажа вăл çулталăк хушши Японири оккупаци çарĕсен командующийĕ пулса тăнă вăхăтра туяннă.

## Канадăра мире сыхлас ыйтупа конференци иртнĕ

ТОРОНТО, майăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Торонто хулинчи пысăк залсенчен пĕринче мире сыхлас ыйтупа пухăннă пĕрремĕш конференци уçăлнă. Конференци миршĕн, хĕçпăшалсене чакарассишĕн тата мĕнпур çĕршывсемпе суту-илӳ тăвас ĕçре çарса кĕрешмелли ыйтусемпе иртет. Малтан шута пăхнă тăрăх, конференцие 2.227 делегат пынă, вунсăр пуçне, делегат-корреспондентсем пулса конференци ĕçне 435 çын хутшăннă.

Конференцие миршĕн кĕрешекенсен пĕтĕм тĕнчери юхăмĕн представителĕ Бельги парламенчĕн членĕ Изабелла Блюм тата Америкăри паллă ученăй, общество ĕçне активлă хутшăнакан профессор Дюбуа хутшăнмалла пулнă. Анчах Канада правительстви Изабелла Блюма Канадăна пыма ирĕк паман. Дюбуа майăн 9-мĕшĕнче Торонто хулине çитнĕ, ăна аэропортра тытса чарнă, унтан вара Пĕрлешӳллĕ Штатсене каялла кăларса янă.

Конференцире Эндикотт доктор доклад тунă. Мире сыхласа хăвармалли тĕп услови, тенĕ докладчик, мĕнпур çĕршывсем ыйтусене калаçса татăлнипе йĕркелесе пыма тата мирлĕ пурăнма килĕшни пулать, çавна çĕршывсенче социальнăй тата экономика системи мĕнлине пăхмасăр туса пымалла.

Васкаса хĕçпăшалланнине чарса лартма тата пилĕк аслă держава пĕрле мир пакчĕ тума Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн хĕçпăшалсене чакарас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн (халĕ Нью-Йоркра çав комисси ларăвĕсем пулса пыраççĕ) пурте пĕр саслă пулса пĕтĕм тĕнчере хĕçпăшалсене чакармалли, çирĕп контроль туса хумалли тата хĕçпăшалссене чакарассине чăннипех пурнăçламалли план йышăнмалла.

Эндикотт Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ Мир пакчĕ çинчен тата контроль туса хĕçпăшалсене чакарасси çинчен йышăннă решенисене, çавăн пекех Канадăри мир конгресĕ суту-илӳ ĕçне сарса пырасси çинчен йышăннă решение вуласа панă, çав решенисем çинчен сӳтсе явма сĕннĕ.

Бактериллĕ вăрçă çинчен каласа, Эндикотт çапла кăтартса панă: Китай халăхне хирĕç бактериллĕ хĕçпăшалпа кĕрешнĕшĕн Пĕрлешӳллĕ Штатсене айăплани тĕрĕс пулать, çавна эпĕ Китая кайсан хам тĕрĕслесе пăхса ĕненетĕм.

Унтан Америкăри миршĕн тăракансен ячĕпе конференцие «Американецсен мир покочĕ» ятлă организаци представителĕ Мэри Русек саламланă.

Конференцие пухăннисем Дюбуана тата Блюма конференцие пыма чарнăшăн протестлесе Канада правительстви патне телеграмма янă.

ТОРОНТО, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Торонто хулинче мире сыхлас ыйтупа пухăннă Канадăри конференци хăйĕн ĕçне туса пĕтернĕ.

Тĕрлĕ провинцисенчен пухăннă делегатсем, промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕçлекен рабочисем—Торонтăри электриксем, Британи Колумбийĕнчи пулă тытакансем тата суйласа тăвакансем, Квебекри атă-пушмак ĕçлекенсем тата тыр тăвакансен представителĕсем,—васкаса хĕçпăшалланнă пирки тата тĕнчери суту-илĕве пӳлсе пынă пирки промышленноçăн отраслĕсенче кризис, ĕçсĕрлĕх ӳсе пыни çинчен каланă. Фермерсем ялхуçалăх продукчĕсене сутма май çукки çинчен каланă, çав инкек суту-илĕве пӳлнĕ пирки тухса тăнă. Культура работникĕсем—Канадăри паллă поэт Уоллес, писатель Жан Жюль Ришар тата скрипач Нилутик—мире сыхласа хăварни çеç культурăна çăлма тата ăна малалла аталантарса пыма май туса пама пултарать, тесе каланă.

Делегатсем йышăннă резолюцире аслă державăсем калаçса татăлнипе тата Мир Пакчĕ тунипе, хĕçпăшалсене чакарнипе тата мĕнпур çĕршывсемпе суту-илӳ тăвассине сарса пынипе çеç тĕнчери ларурăури çавăн пекех экономикăри йывăрлăхсене сирсе яма пулать, тесе каланă.

Пĕрлешӳллĕ Штатсене вăрçăра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнăшăн айăпланни тата ăна чăннипех айăплани çинчен калакан хыпарсем пурри пысăк ыйту пулса тăрать, çавăнпа та ку ĕçе питĕ тĕплĕ йĕрлесе пăхмалла, тесе каланă малалла резолюцире.

Конференци мире сыхлас тĕлĕшпе Канадăра ĕçлеме комитет суйланă, унта 137 çын кĕнĕ.

Регистраци шута илнĕ тăрăх, конференци ĕçне 2.818 делегат хутшăннă, çав шута 435 делегат-корреспондентсем те кĕреççĕ.

Конференци хыççăн хулари пĕр стадионра пысăк митинг пулнă, унта миршĕн тăракансем 10.000 çын ытла пухăннă.

Фашистла элементсем митингра йĕркесĕрлĕх кăларма хăтланнă, митинга пухăннă çынсем тăрăшнипе çав çынсен ирсĕр ĕçĕсене сирсе пăрахнă.

## Хĕвеланăç Германири çамрăксен демонстрацийĕ

БЕРЛИН, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Хĕвеланăç Германири çамрăксем ĕнер Эссен хулинче слёт ирттерме, Бонри правительствăн политикине хирĕç протестлеме, Германипе мирлĕ договор тутарассишĕн тата мире юратакан пĕрлĕхлĕ Германи государствине туса хурассишĕн тăнине кăтартса пама шутланă. Слёта Хĕвеланăç Германири çамрăксен тĕрлĕ организацийĕсен представителĕсем нумай хутшăнмалла пулнă.

Бонри влаçсем слёт пухма чарнă. Чарнă пулин те, Хĕвеланăç Германири çамрăк арçынсемпе хĕрачасем 20 пин çын ытла Эссен хулине пухăннă. Вĕсем кунта мире сыхласа хăварассишĕн тата хăйсен çĕршывне пĕрлĕхлĕ çĕршыв туса хурассишĕн тăнине кăтартма килнĕ.

Çамрăксене хирĕç кĕрешме Эссен хулине Бохумран, Дортмундран, Дюссельдорфран, Мюнстертан тата ытти хуласенчен те пиншер полицейски илсе пынă, вĕсене çамрăксен демонстрацине салатса янă чухне мĕнпур майсемпе усă курма хушнă.

Агентство çапла пĕлтерет: Эссен-Рюттеншейдтра çамрăксем 10 пин çын демонстраци тума пуçласан, вĕсем çине полицейскисем пеме тытăннă. Вара Мюнстертан пынă пĕр çамрăка вĕлернĕ тата нумайăшне амантнă. Полици демонстрантсене 100 çын ытла арестленĕ.

Хĕвеланăç Германири çамрăксен Эссен хулинчи демонстрацийĕ çак лозунгсемпе иртнĕ: «Пире Америка хĕçпăшалĕ кирлĕ мар, эпир миршĕн тăрăшса ĕçлеме хатĕр тăратпăр!», «Пĕрлехи договор» текенскер пире кирлĕ мар!», «Эпир тара тытнă çарта пулассăн мар!», «Эпир мирлĕ договор тутарассишĕн тăратпăр!».

## Англи салтакĕсем Малайăра тата Корейăра вăрçасшăн мар

БЕРЛИН, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви «Нахт-экспресс» хаçат çакăн пек çырни çинчен пĕлтерет: Берлинăн Кладов районĕнчи Хоттенгрундри Англи çарĕсен казармисенче вăрттăн стена хаçачĕсем кăларнă тата листовкăсем салатнă. Стена хаçачĕсемпе листовкăсенче Хĕвеланăç Германире тăракан Англи салтакĕсене Малайăна тата Корейăна янине хирĕç протестленĕ.

Англи çарĕн комиссийĕ Хĕвеланăç Германинчен Берлина айăплисене шыраса тупма кайнă пулнă. Виçĕ кун хушши усăсăр йĕрлесе тĕпченĕ хыççăн комиссин нимĕн пĕлмесĕрех каялла таврăнма тивнĕ.

Юлашки эрнесенче Хĕвеланăç Берлинра Англи çарĕсем тăракан казармăсенче çавăн пек листовкăсем 200 ытла салатнă.

### БАКТЕРИЛЛĔ ВĂРÇĂН ЯПОНИРИ ПРЕСТУПНИКĔСЕМ

ТОКИО, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Парламентри коммунистсен фракцийĕн «Коккай сокухо» хаçатĕнче майăн 10-мĕшĕнче статья пичетленсе тухнă. Статьяра çакна кăтартса панă: нумай пулмасть, коммунистсен партийĕ тăрăшнипе, ятарласа тĕпчесе пĕлекен бюро парламентăн кĕçĕн палатин ют çĕршыв ĕçĕсен комиссине доклад тăратнă. Унта бактериллĕ вăрçăн Японири преступникĕсем Исии, Вакамацу тата Китано ĕçĕ çинчен каласа панă. Докладран çакă курăнать: бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курас тĕлĕшпе ĕçленĕ çак преступниксем халĕ те бактериологипе сыхăнса тăраççĕ. Исии бактерисем çинчен, вăл шутра бактерисем валли фильтрсем, бактерисем ĕрчетмелли трубкăсем тумалли меслетсем çинчен çырать. Генерал-лейтенант пулнă Китано бактериологиллĕ препаратсем туса кăларакан тĕпчев институтне ертсе пырать. Вакамацу генерал-майор фабрикăна ертсе пырать. Çав фабрикăра шатраллă тиф, холера тата ытти чирсен вакцинисене, медицинăра усă курма тесе, туса кăлараççĕ.

## Демократиллĕ Германи республикинче Америка диверсантне арестленĕ

БЕРЛИН, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Мекленбургран çапла пĕлтерет: 1952 çулхи январь уйăхĕнче Мекленбург çĕрĕнче Демократиллĕ Германи Республикин государство хăрушсăрлăхĕн органĕсем Цеппелин ялĕнче пурăнакан Альфред Вайгель ятлă çынна арестленĕ. Вайгель шпионла тата диверсиллĕ организацин агенчĕ пулса ĕçленĕ. Çав организаци Америка разведкин Хĕвеланăç Берлинри уйрăмĕ пулса тăрать.

1951 çулхи ноябрьте çав организаци руководителĕсенчен пĕри Штарк текенскер Вайгеле хресченсен уй-хирĕсенче утăпа улăма вут тĕртсе çунтарма, чугун çул çинчи пĕр пысăк станцине сирпĕтсе яма хушнă. Станцире взрыв тунă чухне пилĕк çуллăх план тăрăх тăвакан çĕнĕ стройкăсем валли хаклă оборудовани тиенĕ поездсене те сирпĕтсе ямалла пулнă. Çав тĕллевпе Штарк Вайгеле взрывчатка тата хăй тĕллĕн тивсе каякан шĕвек тултарнă 10 пĕчĕк кĕленче панă. Кунсăр пуçне Вайгеле хурçăран тунă 20 «чĕрĕп» панă. Вĕсене çул çинче пăрахса тухса Вайгелĕн автомашинăсене çĕмĕрмелле пулнă.

1951 çулхи декабрьте Америка разведки Вайгеле икĕ диверси тума хушнă: Ангермюнле хулинче судоверфе стройран кăларма тата Гюстров хулине пыракан пысăк вольтлă электричество линийĕн мачтине сирпĕтме каланă. Диверсиллĕ иккĕмĕш ĕçе раштав уявĕсем умĕн туса ирттерме хушнă пулнă, çапла вара хула çыннисене çутăсăр тата электричествăсăр тăратса хăварма тĕллев лартнă. Çак диверсиллĕ ĕçсене тума Вайгеле темиçе банка взрывчатка тата взрыв тумалли икĕ механизм панă.

Пысăк вольтлă электричество лини çинче Вайгель взрыв тăвайман.

1952 çулхи январьте Вайгель судоверфьре диверсисем тума тытăннă. Январĕн 20-мĕш кунĕ тĕлнелле Вайгель çĕрле судоверфь территорине пырса кĕнĕ, хăвăртрах тивсе кайма пултаракан япаласем сывăхĕнче хăй тĕллĕн тивсе каякан шĕвек тултарнă кĕленчесене пăрахса тухнă, çавăн пекех взрыв тăвакан механизма (сехет пек ĕçлекен механизма) вырнаçтарса лартнă. Çав вăхăтра ăна Государство хăрушсăрлăх министерствин сотрудникĕсем тытнă. Вайгельпе пĕр вăхăтрах унпа пĕр каварлă пулнă çынсенĕ те арестленĕ.

Арестленĕ çынсенчен взрыв тумалли иккĕмĕш механизма, хăй тĕллĕн тивсе каякан шĕвек тултарнă кĕленчесене, хĕçпăшала, «чĕрĕпсене», çавăн пекех демократие хирĕçле шухăшлă листовкăсене туртса илнĕ.

## Хамăр республика тăрăх

Çĕмĕрлери сĕтел пукан комбинатĕнчи стахановка В. Иванова юлташ куллен-хи нормăна 250—300 процент тултарать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: В. Иванова юлташ ĕçре.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Картинăсен смотрĕ

ВЦСПС секретариачĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Искусство ĕçĕсен комитечĕ кăçалхи апрельпе декабрь уйăхĕсем хушшинче харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ художниксен ĕçĕсен смотрне ирттереççĕ.

Смотра живопись, графика, скульптура, тĕрĕ, йывăç çинче касса тунă тата ытти тĕрлĕ произведенисене те тăратма юрать.

Пирĕн республикăра харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ художниксемпе кружоксен ĕçĕсен смотрне хатĕрленес ĕçе тытăннă.

Облпрофсоветпа искусство ĕçĕсен управленийĕ çак смотра ертсе пыма 13 çынтан республикăри комисси тунă.

Çитес вăхăтра кружоксемпе харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ художниксене смотра хатĕрленес ĕçре творчествăллă пулăшу пама вырăнсене профессиллĕ художниксем тухса каяççĕ.

Облпрофсоветпа республикăри халăх творчестви çуртĕ Шупашкарта харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ художниксен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе семинар ирттерессĕ.

Республикăри смотрта палăртнă чи лайăх ĕçсене Пĕтĕм Союзри смотра ямалла.

Н. АМУРЦЕВ.

## Туслă çыхăну

ЕТĔРНЕ. Кăкшăмри çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем Чехословакири пионерсемпе, Удмурт АССР-ĕнчи Можгински районĕнчи Квачински ялĕнчи çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсемпе туслă çыхăну тытаççĕ. Çыхăну тытма пуçланăранпа Чехословакинчи, Удмурт АССР-ĕнчи вĕренекенсенчен чылай çырусем илнĕ. Çырусемсĕр пуçне Удмурт АССР-ĕнчи пионерсенчен вĕсем кăларса тăракан стена хаçачĕсем, фотоальбомсем илнĕ.

Вĕренекенсем хăйсен çырăвĕсенче уроксене мĕнле хатĕрленни, вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайман ачасене мĕнле пулăшса пыни çинчен, шкулти кружоксемпе мĕнле ĕçлени çинчен çырса пĕлтереççĕ.

Кăкшăмри ачасене Удмурт АССР-ĕнчи вĕренекенсем ярса панă фото-альбом питĕ интереслентерет. Вăл фото-альбомра ĕлĕкхи, патша саманинчи кивĕ шкулпа хальхи çĕнĕ—Сталин саманинчи лартнă çĕнĕ шкул çуртне, удмурт халăхĕ мĕнле тумланса çӳренине кăтартакан фотоӳкерчĕксем нумай. Кашни фотоӳкерчĕк хыçнех вĕренекенсем пĕчĕк çырусем çырнă. Вăл çырусем удмурт халăхĕн патша саманинчи йывăр пурнăçĕпе хальхи вăхăтри савăнăçлă пурнăçĕпе паллаштараççĕ.

Кăкшăмри çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекен ачасен вĕренӳре ĕлкĕрсе пырасси те, хăйсене тыткаласси те чылай ӳснĕ.

Кăкшăмри çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем çак кунсенче Удмурт АССР-чи Квачинри çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем патне хăйсен шкул пурнăçĕпе район пурнăçне кăтартакан фото-альбом, «Ялав» журналăн 1952 çул тухнă номерĕсене, «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн пĕр номерне, шкул çумĕнчи краеведени кружокĕ кăларса тăракан «Краевед» стена хаçатсене ярса пачĕç.

Çитес çывăх кунсенче Удмурт АССР-ĕнчи вĕренекенсем патне татах тепĕр фото-альбом, хĕрачасем чăваш тĕррисене тĕрлесе тĕрĕ альбомĕ ярса пама хатĕрленеççĕ.

М. ЗАХАРОВ.

## Ялхуçалăхĕ çĕнĕ машинăсемпе пуянланать

Пирĕн республикăри ялхуçалăхĕ çултан-çул çĕнĕ тракторсемпе, самоходнăй комбайнсемпе тата ытти çĕнĕ машинăсемпе пуянланса пырать. Кăçал кăна колхозсемпе МТС-сене республикăри ялхуçалăх снабжени кантурĕ «СЗТ-47», «Т-8,2» маркăллă сеялкăсем 200, «КП-3», «КП-4» культиваторсем 180, çĕнĕ йышши плугсем 343, тимĕр сӳресем 197 сутнă.

Колхоз уй-хирĕсенче минераллă удобренисемпе семçетни вăйлă тырпул туса илме май парать. Республикăри ялхуçалăх снабжени кантурĕнчен колхозсем кăçалхи тăватă уйăх хушшинче 1.589 тонна суперфосфат, 1.051 тонна фосфорит çăнăхĕ, 422 тонна хлор калийĕ, 372 тонна аммиак селитри сутăн илнĕ. Уйрăммăнах Вăрнар, Ишлей, Çĕрпӳ, Етĕрне районĕсенчи колхозсем минераллă удобренисене нумай илеççĕ.

В. МИХАЙЛОВ.

## Чĕререн тав тăвать

Тутар республикинчи Буденный районĕнчи Кĕçĕн Шихирдан ялĕнче пурăнакан Ш. Шайдулов юлташ виçĕ çул хушши сĕм суккăр пурăннă. Нимĕнле ĕçе хутшăнайман вăл, текех кун çути курас ĕмĕте сухатнă.

1951 çулта ăна хăйĕн хĕрĕ Чăваш республикинчи Елчĕк районĕнчи Шмалак больницине илсе килнĕ. Больницăра ĕçлекен Александра Ивановна Чернова, больница заведующийĕпе З. Шуйкова юлташпа канашланă хыççăн, Шайдулов куçне операци тума хăй çине илнĕ. Часах Шайдулов юлташа ăнăçлă операци тунă.

Чылай вăхăт выртнă вăл больницăра. Унта ĕçлекен врачсем, медицина сестрисем Шайдулов юлташа куллен тимлĕн пăхнă, унăн куçне куракан тăвассишĕн тăрăшнă.

Совет врачĕсем тăрăшни вырăнсăр пулман. Ш. Шайдулов юлташ колхоза икĕ куçĕ те лайăх куракан çын пулса таврăнчĕ. Хальхи вăхăтра вăл «Новый путь» колхозра тăрăшса ĕçлет. 60 çула çывхарнă пулин те кĕнеке-хаçат вулать, колхозри обществăллă ĕçе хутшăнать. Ш. Шайдулов юлташ хăйне куракан тунăшăн Шмалак ялĕнчи больницăра ĕçлекенсене чун-чĕререн тав тăвать.

М. СЕМЕНОВ.

## Ыйтусемпе ответсем

**Ыйту:** Питĕ аптăраса çитнĕ е вилес патне çитнĕ организмăн пурнăçшăн кирлĕ функцийĕсене çĕнĕрен çирĕплетмелли меслетсене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе научнăй ĕçсем тунăшăн Совет правительстви медицина работникĕсен пĕр ушкăнне Сталинла премипе пачĕ. Çакна май организмăн пурнăçшăн кирлĕ функцийĕсене çĕнĕрен çирĕплетмелли, ĕçлеттермелли меслечĕсем çинчен ăнлантарса пама ыйтатпăр.

О. ИВАНОВ, Шупашкар хули, 1-мĕш номерлĕ типографи.

И. НИКИФОРОВ, Ишлей районĕнчи Хурамакасси ялĕ.

**Ответ:** Вилĕм мĕнле сăлтавран килнине тата организма вилĕмрен хăтармалли меслетсене тĕпчесе пĕлес енĕпе совет ученăйĕсем тахçантанпах тăрăшса ĕçлеççĕ. Питĕ аптăраса çитнĕ е вилес патне çитнĕ организмăн кирлĕ функцийĕсене çĕнĕрен çирĕплетмелли меслетсене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе научнăй ĕçсем тунăшăн Совет правительстви медицина ĕçĕнчи научнăй работниксен пĕр ушкăнне Сталинла премипе пани çак енĕпе пысăк ӳсĕм тунине пĕлтерет. Кашни органăн хăй тĕрлĕ клеткăсем пур. Хăшпĕр органри клеткăсем çын сывлăхĕ начарланса çитсен хăвăрт вилеççĕ (пуç мими хуппийĕн клеткисем), хăшĕсем—вăрахрах вилеççĕ. Ф. Энгельс çырнă тăрăх, вилĕм хăш вăхăтра пулса иртнине татса калама май çук, физиологи вилĕм систермесĕр, пĕр самантрах пулакан япала мар, чылай вăхăта тăсăлса пыракан улшăну процесĕ, тесе вĕрентет.

Совет ученăйĕсем сăнанă тăрăх, çын вилме пуçласан, чи малтанах чĕре ĕçлеме (тапма) чарăнать. Унтан, тепĕр 5—6 минут иртсен, вăл пачах вилсе выртать: пур органсенчи клеткăсем те улшăнса, çĕрме пуçлаççĕ.

Эпир çыннăн чĕри ĕçлеме пăрахсанах тата сывлама чарăнсан вăл вилнĕ, тесе шутлатпăр. Ăслăлăх вĕрентнĕ тăрăх, çак саманта (вилĕмпе пурнăç кĕрешнĕ саманта) «клиническая смерть» теççĕ. «Клиническая смерть» текенни 5—6 минута тăсăлать. Çак самантра организмри пур системăсем те, вĕсен клеткисем те, пĕр харăсах вилмеççĕ, терĕмĕр эпир. Чи малтанах пуç мими хуппи ĕçлеме пăрахать, ун хыççăн майĕпе ытти системăсем ĕçлеме чарăнаççĕ. Çавăнпа та, çак 5—6 минут хушшинче çынна эмеллесе, тĕрлĕ меслетсемпе вилĕмрен хăтарасси ответлă самант пулса тăрать.

Чăнах та организмра пур органсемпе системăри клеткăсем те пĕр харăсах ĕçлеме чарăнсан (вилсен), çынна вилĕмрен çăлса хăварма та пулмĕ.

Ăнсăртран вилнĕ çынна сыватмалли меслете тĕпчесе пĕлес шутпа 40 çул ĕлĕкрех вырăс халăхĕн ученăйĕ Ф. А. Андреев нумай тăрăшса ĕçленĕ. Вăл 1913 çулта «Вопросы научной медицины» журналта «Опыт восстановления деятельности сердца, дыхания и функции центральной нервной системы» ятлă статья çырнă пулнă. Статья авторĕ Рингерпа Лок шухăшласа кăларнă шĕвекпе çынна вилĕмрен çăлса хăвармалла тума сĕннĕ пулнă. Совет ученăйĕсем çак меслете лайăх тĕпчесе вĕреннĕ, çынна вилĕмрен çăлса хăвармалли çĕнĕ меслетсем тупнă, çак асăннă меслетпе чĕрене ĕçлеме пуçлаттаракан тата сывлаттармалли аппарат шухăшласа кăларнă. Çак аппарат çыннăн пĕр-пĕр артерийĕ тăрăх чĕре патне юна хăвăрт пыма пулăшать. Юн тымарĕ тăрăх пымалли юн çумне чĕрене çав самантран ĕçлеттерме пуçлама пулăшакан эмел—адреналин тата чĕрене вăй кӳртекен эмел—глюкоза хушмалла. Чĕре çумĕнчи юн тымарĕсем тăрăх вăхăтра çимĕç илсе, чĕре вăй илсе ĕçлеме пуçлать.

Юн панă чухне аппаратра ртутлă столбари давлени 150—200 милиметр çулĕш пулмалла. Юн панă вăхăтра тата юн парас умĕн искусственнă сывлаттарма, ӳпкене хăй халлĕн ĕçлеттерме тăрăшас пулать. Организма таса сывлăш памалла, мĕншĕн тесен пуç мими хуппи клеткисене хăвăрт сыватма кислород кирлĕ. Çак вăхăтрах тата чĕрене малтанах йĕркеллĕ нагрузка парса ĕçлеттерме вена тăрăх та юн ярса пама тытăнас пулать.

Артери тăрăх 350—500 грамм юн ямалла, ыттине вена тăрăх, юн тымарĕнчи давлени йĕркеленсе çитиччен, мĕн чухлĕ кирлине пĕлсе ямалла.

Çак çулте каланă пек пурне те йĕркеллĕ туса пырсан, çын вилнĕ хыççăн 5—6 минут иртсен ăна сыватма пулать. Çын вилме пуçласанах çак асăннă меслетпе пулăшу парсан, çынна сыватма татах та çăмăлрах, çийĕнчех пулăшу парсан чĕрене хăвăртрах ĕçлеттерме тытăнма пулать, пуç мими хуппи клеткисем пачах та ĕçлеме пăрахман пулĕччĕç, вĕсене лайăхрах ĕçлеттерме май пур. Çак асăннă меслетпе иртнĕ вăрçăра çынсене вилĕмрен сыватни чылай пулкаланă.

Совет ученăйĕсем ăнсăртран вилнĕ çынна çийĕнчех пулăшу парса сыватмалли меслетсем шыраса тупнă. Вилнĕ çынна, вилсенех 5—6 минут хушшинче, вилĕмрен хăтарма, сыватма пулать пулсан, çын вилес умĕн ăшталанса выртнă чухнех пулăшу парса сыватни çын ĕмĕрне тăсма пулăшать.

Производствăра тата ытти çĕрте ăнсăртран аманнисене, вăрçăра аманнисене, çĕрĕм тивнĕ тата шыва кайнă, электричество токĕпе ăнран тухнă, ытла вĕри пулнипе е сивĕне пула вилме пуçланă çынсене, ăнсăртран юн кайма пуçланă çынсене вилĕмрен хăтарма пулатĕх.

Совет ученăйĕсем çынсен ĕмĕрне вăрăмлатас енĕпе вăй хурса ĕçлеççĕ. Вилĕме çĕнтересси халĕ ĕнтĕ пирĕн совет ученăйĕсен шухăшĕ кăна пулса тăмасть. Вĕсем вилĕмпе кĕрешсе, ăна çĕнтерĕç.

Врач Ив. СТОЛЯРОВ.

## ПĔЛТЕРНИ

Паян, майăн 14-мĕшĕнче, каçхине 8 сехет те 30 минутра, ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн парткабинетĕнче докладчиксемпе агитаторсем валли лекци пулать. Тема: «Производствăри новаторсен малта пыракан ĕç меслечĕсене сарасси».

Лектор—ВКП(б) хула комитечĕн секретарĕ Н. Д. ВОЛКОВ юлташ.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔН ПАРТКАБИНЕЧĔ.

Ответлă редактор заместителĕ И. П. ПАВЛОВ-ПИНЕР.





РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: ответлă редактор—0-67, ответлă редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01340 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.